ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Январь 31
ЫТЛАРИКУН
№ 22 (9701)
Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать

## Паянхи номерте:



# Европăри тата пĕтĕм тĕнчери мир ĕçне çирĕплетессишĕн тăрăшни

Пĕтĕм тĕнчери çирĕп миршĕн кĕрешекен вăйсем ÿссе пыни кучухнехи тĕнче пурнăçĕн паллă уйрăмлăхĕ пулса тăрать. Совет Союзĕ, Китай Халăх Республики, халăх демократи çĕршывĕсем ÿссе тĕреклене пыраççĕ.

Социализм лагерĕнчи государствăсем мире сыхласа хăварассишĕн тата çирĕплетессишĕн пĕтĕм вăйпа тăрăшаççĕ. Çак çĕршывсенчи халăхсем пултаруллă аслă ĕç тăваççĕ, экономикăпа культура строительствин планĕсене пурнăçа кĕртсе пыраççĕ.

Азипе Африкăри колониализм пусмăрĕнчен ирĕке тухнă государствăсем, уйрăмах Инди—Ази континентĕнчи аслă держава—мирпе прогресс ĕçне пысăк вăй хураççĕ. Миршĕн тăрăшас кăмăл хĕвеланăçĕнчи çĕршывсенчи халăхăн тĕрлĕ сийĕсенче те çирĕпленсе пырать.

Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсем тĕрĕс ĕçе — мире çирĕплетес ĕçе ывăнма пĕлмесĕр хÿтĕлеççĕ. Çакна социализмла çĕршывсен пĕтĕм политики кăтартса парать. Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем январĕн 28-мĕшĕнче Прагăра алă пуснă Декларации те çавăн çинчен калать. Декларации çакна палăртать: халăхсем миршĕн чунтан тăрăшнипе пула тĕнчери лару-тăрура чылай пысăк улшăнусем пулчĕç, государствăсем хушшинчи хутшăнусенчи йывăрлăх чылай çăмăлланчĕ ĕнтĕ.

Чылай государствăсем нейтралитет политики тытса пыма ытларах та ытларах тăрăшнине Варшавăра тунă договора хутшăннă çĕршывсем ырлаççĕ. Вĕсем Азипе Африкăри çĕршывсенчи хăйсен ирĕклĕ пурăнмалли законлă прависене хÿтĕлекен халăхсене ырă сунаççĕ. Вĕсем çак çĕршывсемпе экономика тата культура тĕлĕшĕнчен килĕштерсе ĕçлессине аталантарма хатĕр тăнине кăтартса параççĕ, çакнаăна пĕр-пĕриншĕн усăллă никĕс çинче, мĕнле те пулин политикăлла условисем, çарпа çыхăнса тăракан условисем е урăх условисем вăйпа йышăнтармасăр туса пымалла, теççĕ.

Паянхи чи çивĕч ыйту вăл, терĕ нумаях пулмасть СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕнче тухса каланă сăмахра Н. С. Хрущев,—Европăра хăрушсăрлăх туса хурасси çинчен тăракан ыйту. Совет Союзĕ тата Европăри мире юратакан ытти государствăсем çак ыйтăва татса пама, Европа континентĕнчи мире çирĕплетме ывăнма пĕлмесĕр тăрăшаççĕ.

Хĕвеланăçĕнчи державăсем те Европăри миршĕн çавăн пекех тăрăшсан, çапла тăрăшнине конкретлă ĕçсенче пурнăçлама тытăнсан, Европа континентĕнчи мир çирĕпленнĕ пулĕччĕ. Совет Союзне тата Европăри мире юратакан ытти государствăсене илес пулсан, вĕсем çак аслă та ырă тĕллеве пурнăçлассишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшаççĕ.

Европăри хальхи çар ушкăнĕсем вырăнне Пĕтĕм Европăн коллективлă хăрушсăрлăх системине туса хурасси халиччен те питĕ кирлĕ задача пулнă, халĕ те çавăн пекех кирлĕ задача пулса тăрать. Европа хăрушсăрлăхĕн шанчăклă системине туса хурас ĕçе çăмăллатас тесе, Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем çак задачăпа килĕшсе тăракан сĕнÿсене интересленекен ытти государствăсемпе пĕрле пăхса тухма хатĕр тăни çинчен каларĕç.

Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем йышăннă Декларацире Политикăлла Консультаци Комитечĕ малтанхи вăхăтра Европăри государствăсен пĕр пайĕ, çав шутра СССР, Великобритани, Франци тата США хушшинче тивĕçлĕ килĕшÿ тăвасси çинчен сĕнÿ пачĕ. Çавăн пекех Европăра уйрăм зона тăвасси, çав зонăра хĕçпăшаллă вăйсем мĕн чухлĕ пулмаллине тата вĕсем ăçта вырнаçса тăмаллине ку ыйтупа интересленекен государствăсем хушшинче ятарласа тăвакан килĕшÿре палăртса парасси çинчен калакан сĕнÿ те пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Хĕçпăшалсене пĕр паллă виçерe пÿлсе тата контроллесе тăмалли зона тăвас, Германин икĕ пайне те çав зонăна кĕртес тĕлĕшпе каласса татăлнă чухне Германин икĕ пайĕнчи ют çĕршыв çарĕсене унтан илсе тухма е вĕсен йышне пĕр паллă виçерe тытса тăма, çавăн пекех Демократиллĕ Германи Республикипе Федеральнăй Германи Республикин хĕçпăшаллă вăйĕсен йышне пĕр паллă виçерe тытса тăма, тивĕçлĕ килĕшĕве мĕнле пурнăçласа пынине кирлĕ пек тĕрĕслесе тăмалла тума палăртса хума пулĕччĕ. Çавăн пек килĕшÿ вăл, паллах ĕнтĕ, Европа континентĕнчи лару-тăрăва малалла çăмăллатас ĕçре пысăк утăм туни пулĕччĕ. Вăл Германи ыйтăвне Европăра хăрушсăрлăх тăвас ĕç требованийĕсемпе тата нимĕç халăхĕн нацилле интересĕсемпе килĕшÿллĕн татса пама та лайăх условисем туса хунă пулĕччĕ.

Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем çапла тума сĕнеççĕ: атомлă хĕçпăшала чарса лартасси çинчен килĕшÿ тăвиччен малтан ку ыйтупа интересленекен государствăсем: Германи территорийĕнче тăракан хĕçпăшаллă вăйсен, çав шутра Демократиллĕ Германи Республикипе Федеральнăй Германи Республикин хĕçпăшаллă вăйĕсен аллинче атомлă хĕçпăшал пулмалла мар тесе каласса татăлмалла. Çак сĕнĕве йышăнни те Европăри лару-тăрăва малалла çăмăллатас ĕçре утăм туни пулса тăрĕччĕ.

Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем уйрăм çĕршывсем хушшинче, вĕсем хальхи вăхăтра пĕр-пĕр çар ушкăнĕнче тăнипе тăманнине пăхмасăрах, лайăх хутшăнусем тăвас, вĕсем хушшинчи тавлашуллă ыйтусене йĕркелесе тĕлĕшпе тунă пуçарăва та мĕнпур çĕршывсенчи мире юратакан çынсем ырлаççĕ. Тивĕçлĕ çĕршывсем хушшинче пĕр-пĕрин çине тапăнмалла марри çинчен договорсем туни, договорсем тунă чухне тавлашуллă ыйтусене мирлĕ майсемпе çеç татса пама обязательствăсем йышăнни мире тата хăрушсăрлăха çирĕплетес ĕçе пысăк вăй хуни пулса тăрĕччĕ. Совет Союзĕ, Турци, Болгари, Греци, Албани, Итали, Чехословаки, Федеральнăй Германи Республики хушшинче ырă кÿршĕлле хутшăнусем туса хуни пысăк вырăн йышăннă пулĕччĕ.

Совет Союзĕпе Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем хушшинчи хутшăнусем çинчен тăракан ыйту тĕнчери лару-тăрăва малалла çăмăллатас ĕçшĕн уйрăмах пысăк вырăн йышăнать. Совет Союзĕпе Америка хушшинчи хутшăнусене лайăхлатни тĕнчери пĕтĕм лару-тăрăва лайăхлатас ĕçе пысăк вăй хуни пулĕччĕ. Çак шухăш СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин США президенчĕ Дуайт Д. Эйзенхауэр патне янă, ĕнер пичетленсе тухнă Посланире уççăн палăрса тăрать. Урăх çĕршывсенче паян пичетленсе тухнă статьясем çакна кăтартса параççĕ: Совет Союзĕн мирлĕ çĕнĕ пуçарăвне мире юратакан халăхсем пурте хĕруллĕн ырлаççĕ.

Пиммĕн иккĕленмелли те çук, пĕр-пĕрин наци интересĕсене хисеплесе чухне, мире çирĕплетме тÿрĕ кăмăлпа тăрăшнă чухне пĕр-пĕрне шанса пурăнмалла тума, тĕрлĕ социальнăй системăллă государствăсем пĕр-пĕринпе мирлĕн килĕштерсе ĕçлессине пурнăçлама пулать. «Сивĕ вăрçăшăн» тăракансем кирек мĕн каласан та, хĕвеланăçĕнчи çĕршывсенчи политикăлла хăшпĕр деятельсем икĕ система мирлĕ пурăнас тата мирлĕн ăмăртас идейăна варалама темĕн чухлĕ тăрăшсан та, çак идея конкретлă ĕçсенче пурнăçланса пырать.

Çакна та курмасăр тăма юрамасть: тĕнчери хăшпĕр авантюристла ушкăнсем, «вăйпа пăхăнтарас» политика ăнăçлă маррине пурнăç темиçе хут та кăтартса пачĕ пулсан та çав политикăна пăрахăçлама шутламан ушкăнсем, тĕнчери лару-тăрăва малалла çăмăллатас енĕпе 1955 çулта палăрма пуçланă ĕçе чăрмантармашкăн çĕнĕрен те çĕнĕрен хăтланаççĕ, хăйсем туса хунă блоксен активлăхне ÿстерме, çав блоксене çĕнĕ государствăсене кĕртнипе пысăклатма, малалла хĕçпăшалланассине мĕн май килнĕ таранах вăйлатма, халăхсем пĕр-пĕринпе çыхăну тытассине йывăрлатма, вĕсем хушшинче хирĕçÿпе курайманлăх вăрлăхĕ акма тăрăшаççĕ. Акă мĕншĕн ĕнтĕ, мир ĕçĕн çитĕнĕвĕсем питĕ пысăк пулсан та, çĕнĕ вăрçă хăрушлăхĕ пĕтрĕ тесе шутлама юрамасть.

Агрессилле çар блокĕсем тата Германи милитаризмне çĕнĕрен ура çине тăратни тĕнчери лару-тăрушăн хăрушлăх туса хураççĕ. Çавăнпа та Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем, тĕнчери мире тата хăрушсăрлăха хÿтĕлес тесе, Варшавăра тунă договорпа килĕшÿллĕн, пĕрле тумалли ĕçсем çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухрĕç, çак ĕçсен тĕллевĕ ку договор çине алă пуснă государствăсен оборонине тĕреклетес тĕлĕшпе тумалли ĕçсене пĕр-пĕринпе анлăн çыхăнтарса пĕтĕçтересси пулчĕ.

Политикăлла Консультаци Комитечĕ хĕçпăшаллă вăйсен пĕрлешÿллĕ командованийĕ çинчен калакан положение, çавăн пекех Демократиллĕ Германи Республикин делегацийĕн сĕнĕвне йышăнчĕ. Ку сĕнÿре çапла каланă: Демократиллĕ Германи Республикин национальнăй халăх çарне туса хунă хыççăн унăн хĕçпăшаллă контингенчĕсем пĕрлешÿллĕ хĕçпăшаллă вăйсен составне кĕмелле, тенĕ.

Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем, хăйсен гражданĕсене мирлĕ ĕçлесе пурăнма май парас тата хăйсен халăхĕсене мирлĕ аталанса вăйланма кирлĕ условисем туса хурас тесе, хăйсен хăрушсăрлăхĕшĕн малашне те кирлĕ пек тăрăшĕç. Варшавăра тунă договор çак тĕллеве пурнăçламалли меслет пулса тăрать, унăн пĕлтерĕшĕ ÿссе пырать.

Çакăнпа пĕрлех мире юратакан мĕнпур государствăсем малашне те мир политики тытса пыма хатĕр тăраççĕ. Çак политика мĕнпур халăхсен тĕп интересĕсемпе килĕшсе тăрать, ăна çĕр чăмăрĕ çинчи халăхăн чи пысăк пайĕ ырлать. Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсен Декларацине Китай Халăх Республикин правительствипе халăхĕ те пĕтĕмпех ырлаççĕ. Унăн представителĕ Политикăлла Консультаци Комитечĕн Прагăри ĕçне хутшăнчĕ. Çак Декларацие мире юратакан мĕнпур халăхсем чун-чĕререн кăмăлласа кĕтсе илчĕç.

Пирĕн çĕршыври халăхсем, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви таврачĕ пĕтĕçсе, малашне те, мире юрататан мĕнпур халăхсемпе алла-аллăн тытăнса, Европăри тата пĕтĕм тĕнчери çирĕп миршĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешĕç.

(«ПРАВДА» хаçатăн январĕн 30-мĕшĕнчи умстатьинчен).

# Пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси, килĕштерсе ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсен ДЕКЛАРАЦИЙĔ

Варшавăра 1955 çулхи майăн 14-мĕшĕнче тунă договора хутшăннă государствăсен—Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн, Польша Халăх Республикин, Чехословаки Республикин, Демократиллĕ Германи Республикин, Венгри Халăх Республикин, Румыни Халăх Республикин, Болгари Халăх Республикин тата Албани Халăх Республикин представителĕсем, Варшавăри договорпа килĕшÿллĕн тунă Политикăлла Консультаци Комитечĕн ларăвне пухăнса, тĕнчери лару-тăру ыйтăвĕсем тата Европăри хăрушсăрлăх ыйтăвĕсем тăрăх пĕр-пĕрин шухăшĕсемпе паллашрĕç. Çакна май вĕсем тĕнчери пĕтĕм лару-тăрăва тата Европăра пулса тăнă лару-тăрăва хак парас тĕлĕшпе хăйсем пурте пĕр шухăшлă пулнине палăртаççĕ. Вĕсем çавăн пекех тĕнчери йывăр лару-тăрăва малалла çăмăллатса пырас, тĕнчери çĕршывсем хушшинчи татса паман ыйтусене йĕркелес, мире тата Европăри хăрушсăрлăха çирĕплетес тĕлĕшпе тума кирлĕ ĕçсем пирки те пĕр шухăшлă.

Халăхсем мирлĕ пурăнма чун-чĕререн тăрăшнипе тĕнчери лару-тăрура пысăк улшăнусем пулчĕç, государствăсем хушшинчи хутшăнусенчи йывăрлăхсем палăрмаллах çăмăлланчĕç ĕнтĕ. Государствăсен тĕрлĕ обществăлла йĕркисене пăхмасăрах государствăсем хушшинчи хутшăнусене лайăхлатма тата вĕсем тĕнчере пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине тĕреклетме пулăшакан çĕнĕ, халиччен усă курман майсем пурри палăрчĕ. Государствăсем хушшинчи хирĕçÿсемпе тавлашусене вăйпа усă курнипе е вăйпа хăратнипе мар, пĕр-пĕрин хушшинче калаçусем ирттернипе, пĕр-пĕрин интересĕсене шута илнипе татса памалли меслет тĕрĕс пулни курăнчĕ. Шăпах çавăнпа ĕнтĕ государствăсен ертсе пыракан деятелĕсен юлашки вăхăтри тĕлпулăвĕсем, уйрăмах тăватă держава Правительствисен Пуçлăхĕсен Женевăри канашлăвĕ, тĕнчери пĕтĕм лару-тăрăва лайăхлатас, çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне чакарас ĕçре пысăк вырăн йышăнчĕç.

Государствăсем хушшинчи хутшăнусен юлашки çулсенчи аталанăвĕ çакна кăтартса парать: мире юратакан государствăсене хирĕç агрессиллĕ çар блокĕсем, Сурçĕр Атлантика блокĕ, Багдад блокĕ, Кăнтăр-Хĕвелтухăç Азири çар блокĕ (СЕАТО) йышши блоксем тăвас политика государствăсем хушшинчи хирĕçÿсене татса пама пулăшма пултараймасть кăна мар, пачах урăхла, вăл çав хирĕçÿсене вăйлатать, çĕршывсем хушшинчи хутшăнусене тата ытларах çивĕчлетет. Çав политикăна пула васкасах хĕçпăшалланасси, уйрăмах çынсене массăллăн пĕтерекен хĕçпăшал—атомлă, водородлă, ракетăллă тата ытти çавăн йышши хĕçпăшал васкасах хатĕрлесси нихçанхинчен анлă сарăлса пырать. Вăл государствăсен питĕ пысăк, ытларах та ытларах ÿссе пыракан материальнăй ресурсĕсене водородлă тата атомлă хĕçпăшал, ракетăллă техника, самолетсем, тинĕс-çар карапĕсем, артиллери тата ытти хĕçпăшал туса хатĕрленĕ çĕре расходласси патне илсе пычĕ те ĕнтĕ. Çаксем пурте, паллах ĕнтĕ, çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне ÿстереççĕ, çав вăрçă этемлĕхе калама çук пысăк инкек кÿнĕ тата асап кăтартнă пулĕччĕ.

Çакăнпа пĕрлех нумай государствăсене, тĕрлĕ майпа хĕссе, çÿлте асăннă блоксене вăйпа хутшăнтараççĕ, çав государствăсемшĕн ун пек блоксенче тăни хăйсен наци никама пăхăнманлăхĕ пĕтес, вĕсем ют интересесемшĕн пыракан хирĕçÿсене хутшăнас хăрушлăх тухса тăнине, çавăн пекех çине тăрса кĕрешнипе колониалле пусмăра хăйсен ĕнси çинчен сирсе пăрахнă, ирĕклĕн аталанма май илнĕ халăхсемшĕн тепĕр хут колониалле чуралăха кĕртсе ÿкерес хăрушлăх тухса тăнине пĕлтерет.

Ансăртран мар ĕнтĕ агрессилле çар блокĕсем тăвас тата васкаса хĕçпăшалланассине вăйлатас политикăпа сивлекен государствăсен хисепĕ ÿснĕçемĕн ÿссе пырать. Миршĕн кĕрешес ĕçре государствăсем коллективлăн вăй хума, тĕнчери çĕршывсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлеме кирлине йышăнакансен хисепĕ ÿссе пырать. Вĕсем тĕнчери çĕршывсем хушшинчи хутшăнусем пĕр-пĕрин территорийĕн пĕр пĕтĕмĕшлĕхĕпе суверенитетне хисеплес йĕркепе, пĕр-пĕрин çине тапăнас мар, государствăсен шалти ĕçĕсене хутшăнас мар йĕркепе, пĕртан правалла тата пĕр-пĕриншĕн усăллă, мирлĕн пурăнас йĕркепе пулса пымалла тесе йышăнаççĕ. Чылай государствăсем агрессилле çар блокĕсене хутшăнас мар политика, нейтралитет политики тытса пыма тăрăшни те çÿлте асăннă тĕллевсемпе килĕшсе тăрать.

Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем асăннă çĕршывсем çавăн пек тăрăшнине ырлаççĕ, мĕншĕн тесен вĕсем çавăн пек тума тăрăшни мир вăйĕсене тĕреклетме тата вăрçă вăйĕсене хавшатма пулăшнине ĕненсе тăраççĕ.

Вĕсем Азири тата Африкăри çĕршывсенчи хăйсен наци тĕлĕшĕнчен ирĕклĕн аталанмалли законлă прависене хÿтĕлекен халăхсене кăмăлланине палăртаççĕ.

Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем Азипе Африкăри çĕршывсен Бандунгри конференцийĕн решенийĕсене пĕтĕмпех ырлани çинчен пĕлтереççĕ, çав конференцие хутшăннă çĕршывсем мирпе прогресс ĕçне хÿтĕлеме çирĕп шухăш тытнине кăтартса пачĕç, колониалле системăна сивлерĕç. Аслă Китай халăхĕн çĕнтерĕвĕ тата Китай Халăх Республикине туса хуни колониалле системăна çĕнĕрен, питĕ вăйлă пырса çапрĕ. Китай Халăх Республики халĕ пĕтĕм тĕнчери мирĕн хăватлă тĕревĕсенчен пĕри пулса тăрать. Кунпа пĕрлех Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем Бандунгри конференцире Инди, Бирма, Индонези, Египет тата ытти государствăсем питĕ пысăк вырăн йышăннине палăртаççĕ. Вĕсем Бандунгри конференцин решенийĕсене, çав шутра, политика, çар тата ытти ĕçсем енĕпе нимĕнле условисем те вăйпа йышăнтармасăр, экономикăпа культура тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕриншĕн усăллă йĕрке тăрăх, пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесси çинчен калакан решенисене пурнăçланă çĕрте хăйсем пулăшма хатĕрри çинчен пĕлтереççĕ.

Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем, паллах ĕнтĕ, Европăри лару-тăру çине тата Европăра хăрушсăрлăх туса хурас тĕлĕшпе пурнăçламалли мерăсем çине уйрăмах тимлĕн пăхаççĕ. Халĕ пулса тăнă лару-тăрура, Европа пĕр-пĕрне хирĕç тăракан çар ушкăнĕсене пайланнă чухне, Сурçĕр Атлантика блокĕнчи государствăсем васкасах хĕçпăшалланасси ÿссе пынă чухне, çав блока кĕртнĕ Хĕвеланăç Германие активлăн ремилитаризациленĕ чухне, Европăри халăхсем Европăра мире сыхласа хăварассишĕн тăрăшнине ăнланса илме йывăр мар ĕнтĕ. Вĕсем çакна ăнланаççĕ: хĕçпăшаллă вăйсене—çарсене, авиацие, атомлă тата водородлă хĕçпăшал запасĕсене ÿстерни пысăк хăрушлăх пулса тăрать. Вĕсем çавăн пекех Европăра лару-тăру малашне те çакăн пек пулни çар расхочĕсене пула, васкасах хĕçпăшалланнине пула халăхсем тÿсекен йывăрлăха татах та ÿстерессине ăнланаççĕ.

Францире нумаях пулмасть пулса иртнĕ парламент суйлавĕ вăхăтĕнче Франци халăхĕ хăй тĕнчери çĕршывсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлемелле тăвассишĕн, татса паман ыйтусене мирлĕ майсемпе йĕркелессишĕн, Европăра тата пĕтĕм тĕнчере мирпе хăрушсăрлăх туса хурассишĕн тăракан вăйсем майлă пулнине палăртрĕ. Çак фактран шăпах та ĕнтĕ Франци халăхĕ агрессилле çар блокĕсем тăвас политикăн тата васкасах хĕçпăшалланнин хăрушлăхне ăнланса илни курăнать.

Совет Союзĕ, Польша, Чехословаки, Демократиллĕ Германи Республики, Венгри, Румыни, Болгари тата Албани хăйсем Европăри хăрушсăрлăха тĕреклетме тата Европăра çĕнĕ вăрçă пулас хăрушлăха сирсе яма мерăсем йышăнас тĕлĕшпе ытти мĕнпур государствăсемпе пĕрле килĕштерсе ĕçлеме хатĕр тăни çинчен пĕлтереççĕ. Вĕсем малашне те мирлĕ политикăна тата мĕнпур государствăсемпе,—пысăккисемпе те, пĕчĕккисемпе те,—пур ĕçсем енĕпе те мирлĕн килĕштерсе ĕçлес политикăна тытса пырасшăн. Вĕсем çапла ĕçлеме тăрăшни вăл çĕнĕ вăрçă халăхсене çав тери пысăк инкек кÿрессине, территорисене, чи малтанах, çапăçу хирĕ пулса тăма пултаракан государствăсен территорийĕсене нимĕнсĕр тăратса хăварассине лайăх ăнланса илнинчен килет. Ку вăл çавăн пекех çак государствăсен шалти аталанăвĕ мĕнле пулса пынинчен тата вĕсем мĕнле государствăсем пулнинчен килет. Çак государствăсен халăхĕсем экономикăпа культурăна аталантарас, халăх пурнăçне лайăхлатас, экономикăпа культурăна пур енĕпе те вăйлатса пырас ĕçĕн пысăкран та пысăк планĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе ĕçлеççĕ. Çакă вăл наукăпа техникăн чи çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе этемлĕхшĕн усă курма май парать.

Мире юратакан государствăсем Европăри хăрушсăрлăха çирĕплетме тăрăшаççĕ пулсан, çав вăхăтрах хĕвеланăçĕнчи державăсен паллă ушкăнĕсем тĕнчери йывăр лару-тăру çăмăлланасран тата государствăсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесси анлăн сарăласран хăраççĕ. Вĕсем усăнах вăрçă пулас хăруш лару-тăрăва сыхласа хăварма, «сивĕ вăрçа» малалла тăсма тăрăшаççĕ, çапла майпа кăна Европăра,—Европăра çеç те мар,—хăйсем тунă çар ушкăнĕсене арканса каясран сыхласа хăварма тата васкасах хĕçпăшалланассине хÿтĕлеме пулать тесе, çапла майпа капиталистсен монополийĕсен ахаль те пысăк усламĕсене татах ÿстерме май килет, тесе шутлаççĕ вĕсем.

Çав государствăсен агрессилле ушкăнĕсем хăйсен çар ĕçĕн программисем çинчен пур çĕре те анлăн пĕлтереççĕ тата вăрçă пуçлама хĕтĕртекен заявленисем тăваççĕ. Çапла майпа вĕсем мире юратакан государствăсене хăратма хăтланаççĕ, вĕсем çар валли укçа нумайрах расходлаччăр, мирлĕ хуçалăхпа культура строительствине чакарса пычччăр, теççĕ. Вĕсем мир вăйĕсем тĕрекленесрен, мире юратакан государствăсенчи халăхсен пурнăçĕ лайăхланса пырасран хăраççĕ.

Çакă вăл хĕвеланăçĕнчи державăсем Пĕтĕм Европа хăрушсăрлăхĕ çинчен килĕшÿ тума чарас шутпа чăрмав хыççăн чăрмав туса хуниичен, хĕçпăшалсене чакарас тата атомлă хĕçпăшала чарса лартас ыйтусене татса пама, васкасах хĕçпăшалланассине чарса лартма килĕшменнинчен курăнать.

Пирĕн çĕршывсенчи халăхсем хăйсен вăйĕсене çирĕп шанса тăраççĕ, социализм строительствинчи аслă çĕнтерÿсемпе хавхаланса ĕçлеççĕ, вĕсем хăйсене хăратса ÿкерме е улталама парас çук. Пур халăхсем те миршĕн çав тери хытă тăрăшнипе, хăйсен пĕрлештернĕ тата ÿссе пыракан вăй-хăвачĕпе усă курса, малашне те мире тата халăхсен хăрушсăрлăхне çирĕплетме активлă пулăшса тăрса, хăйсен мирлĕ те пултаруллă ĕç политикине тытса пырĕç.

Европăра коллективлă хăрушсăрлăх системи туса хурсан кăна Европăри халăхсемшĕн мирлĕн аталанас ĕçре нимĕнрен те лайăхрах условисем пулса тăма пултараççĕ, çак системăна ăна Европăри хальхи çар ушкăнĕсене пĕтерниле туса хума май килнĕ пулĕччĕ. Европăри хăрушсăрлăхăн витĕмлĕ системине туса хурас ĕçе çăмăллатма тăрăшса, Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем кунпа пĕрлех çак задачăпа килĕшсе тăракан сĕнÿсене пурне те интересленекен ытти государствăсемпе пĕрле пăхса тухма хатĕр тăнине палăртаççĕ.

Çак тĕллеве пурнăçлама малтан Европăри государствăсен пĕр пайĕ хушшинче, ССР Союзне, Великобританиe, Францие тата США-на кĕртсе, тивĕçлĕ килĕшÿ туни, çавăн пекех тата Европăра хĕçпăшаллă вăйсен шутне тата вĕсене ăçта пулмаллине интересленекен государствăсем хушшинче ятарласа тунă килĕшÿре палăртса панă зона туни пулăшĕччĕ. Çакна май тăватă держава Правительствисен Пуçлăхĕсен Женевăри канашлăвĕнче Великобритани правительстви тăратнă тивĕçлĕ сĕнÿсене те пăхса тухма пулатчĕ.

Европăра хĕçпăшалсем мĕн чухлĕ пулмаллине кăтартса панă тата вĕсене тĕрĕслесе тăмалли специальнăй зона тăвас ыйту çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла. Çав зонăна Германин икĕ пайĕ те кĕмелле. Ăна тăвас пирки государствăсем кирлĕ пек каласса татăлмалла. Çавăн пек каласса татăлнă чухне Германин икĕ пайĕнчен те урăх çĕршывсен çарĕсене илсе тухма е вĕсен хисепне мĕн таран хăвармаллине, çавăн пекех тата Демократиллĕ Германи Республикипе Федеральнăй Германи Республикин хĕçпăшаллă вăйĕсем кашнин мĕн чухлĕ пулмаллине палăртмалла, çакăн пирки тунă килĕшĕве пурнăçланине тивĕçлипе тĕрĕслесе тăмалли йĕрке тумалла. Çакăн пек килĕшÿ Европăри йывăр лару-тăрăва малалла çăмăллатас ĕçре пысăк утăм туни пулĕччĕ. Вăл Германи ыйтăвне, Европăра хăрушсăрлăх туса хурас требованисемпе килĕшÿллĕн, татса пама та лайăхрах условисем туса панă пулĕччĕ.

Хĕçпăшалланас ĕçе вăйлатса пырса, Сурçĕр Атлантика блокне хутшăннă государствăсем иртнĕ çулхи декабрьте хăйсен çарĕсене атомлă хĕçпăшалпа хĕçпăшаллантарма тата çак ушкăнăн Европăри сывлăш-çар вăйĕсене 1/3 чухлĕ ÿстерме шутлани çинчен пĕлтерчĕç. Çак утăм Европăри лару-тăрăва çивĕчлетес, малашне те васкасах хĕçпăшалланас, çар расхочĕсене ытларах ÿстерес тĕллев тытнине асăрхамасăр тăма çук. Европăри мире юратакан çĕршывсем хăйсен хĕçпăшаллă вăйĕсене тата çар бюджечĕсене чакараççĕ пулин те, çав блокра тăракансем асăннă ĕçсенех тăваççĕ.

Сурçĕр Атлантика блокĕн çав решенийĕ халăхсен требованийĕсене хирĕç пырать. Халăхсем васкасах хĕçпăшалланассине чарса лартма тата атомлă вăрçă хăрушлăхне пĕтерме ыйтаççĕ. Çавăнпа та Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем, Сурçĕр Атлантика блокĕн çав утăмĕ Европăри хăрушсăрлăх интересĕсене хирĕç пырать тесе шутласа, ăна татăклăн сивлеççĕ. Вĕсем çапла тума сĕнеççĕ: интересленекен государствăсен халех, атомлă хĕçпăшала чарса лартасси çинчен килĕшÿ тăвичченех, Германи территорийĕнче тăракан хĕçпăшаллă вăйсен, çав шутра Демократиллĕ Германи Республикипе Федеральнăй Германи Республикин хĕçпăшаллă вăйĕсен те атомлă хĕçпăшал пулмалла мар тесе каласса татăлмалла. Çакăн пек килĕшÿ Европăри йывăрлăха çăмăллатас ĕçре малалла утăм туни пулĕччĕ, çавăн пекех тата Германи халăхĕн интересĕсемпе килĕшсе тăнă пулĕччĕ.

Иртнĕ çулхи июльпе октябрьте Женевăра тăватă державăн ертсе пыракан государство деятелĕсем пĕр-пĕрне хăйсен шухăшĕсемпе паллаштарнă чухне калаçăва хутшăннă енĕсем хăйсем хушшинчи хирĕçÿсене мирлĕ майсемпе, калаçусем ирттернипе татса парассишĕн тăни палăрчĕ. Çавна май, пĕр енчен, Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем, тепĕр енчен, Сурçĕр Атлантика договорне хутшăннă государствăсем, хăйсем хушшинче тухса тăракан тавлашусемпе хирĕçÿсене мирлĕ майсемпе кăна татса паратпăр тесе обязательствăсем йышăннин пĕлтерĕшĕ пысăк пулнă пулĕччĕ.

Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсем çапла шутлаççĕ: уйрăм çĕршывсем хушшинче, вĕсем хальхи вăхăтра кирек хăш çар ушкăнĕнче тăнине пăхмасăрах, пĕр-пĕринпе лайăх хутшăнса пурăнмалли йĕрке туни тата тавлашуллă ыйтусене йĕркелени мире тĕреклетес ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăнă пулĕччĕ. Çакă уйрăмах кÿршĕллĕ государствăсене пырса тивет. Çавна май, сăмахран, Совет Союзĕ, Турци, Болгари, Греци, Албани, Итали, Чехословаки, Федеральнăй Германи Республики хушшинче ырă кÿршĕсем пек хутшăнса пурăнмалла тунин пĕлтерĕшĕ пысăк пулнă пулĕччĕ. Çавăн пекех халиччен йĕркеллĕ çыхăнусем тытман государствăсем хушшинче те йĕркеллĕ хутшăнусем пулмалла тунин пĕлтерĕшĕ пысăк пулнă пулĕччĕ.

Европăра хăрушсăрлăхăн витĕмлĕ системине туса хуриччен тивĕçлĕ çĕршывсен пĕр-пĕрне тапăнас марри çинчен договор тумалла, унта тавлашуллă ыйтусем пирки мирлĕ майсемпе каласса татăлма обязательствăсем йышăнмалла, çакă вара хăрушсăрлăха çирĕплетес тата Европăри государствăсем хушшинче пĕр-пĕрне шанса пурăнмалла тăвас тĕлĕшпе пысăк ĕç туни пулĕччĕ.

Совет Союзĕн, Польшăн, Чехословакин, Демократиллĕ Германи Республикин, Венгрин, Румынин, Болгарин тата Албанин правительствисем халăхсем хушшинчи мире çирĕплетес ырă ĕçшĕн хăйсем пĕтĕм вăя хурса тăрăшасси çинчен пĕлтереççĕ.

Вĕсем Европăра хăрушсăрлăх туса хурас тĕлĕшпе нимĕн тăхтаса тăмасăр татса памалли ыйтусене, çавăн пекех тата тĕнчери çĕршывсем хушшинчи татса паман ыйтусене, çав шутра васкасах хĕçпăшалланассине чарас, этемлĕхе атомлă вăрçă хăрушлăхĕнчен хăтарас тĕлĕшпе тăракан ыйтусене интересленекен ытти государствăсемпе пĕрле пăхса тухма хатĕр тăни çинчен пĕлтереççĕ. Çакăнпа пĕрлех вĕсем малашне те хăйсен хăрушсăрлăхне хÿтĕлеме кирлĕ пек тăрăшĕç, хăйсен гражданĕсен мирлĕ ĕçне сыхлас, хăйсен халăхĕсене мирлĕн аталанма тата чечекленсе пыма кирлĕ условисене пурне те туса пыма тăрăшса пĕтĕм вăя хурĕç.

Албани Халăх Республикинчен: М. ШЕХУ, Б. БАЛУКУ
Болгари Халăх Республикинчен: Р. ДАМЯНОВ, П. ПАНЧЕВСКИЙ
Венгри Халăх Республикинчен: А. ХЕГЕДЮШ, И. БАТА
Демократиллĕ Германи Республикинчен: В. УЛЬБРИХТ, В. ШТОФ
Польша Халăх Республикинчен: Ю. ЦИРАНКЕВИЧ, К. РОКОССОВСКИЙ
Румыни Халăх Республикинчен: С. КИВУ, Л. СЭЛЭЖАН
Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕнчен: В. МОЛОТОВ, Г. ЖУКОВ
Чехословаки Республикинчен: А. ЧЕПИЧКА, В. ДАВИД

Прага, 1956 çулхи январĕн 28-мĕшĕ.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Çĕнĕ пилĕкçуллăхра ялхуçалăхне хăватлăн аталантарассишĕн

ЧКАЛОВСКИ, январĕн 30-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти парти активĕн пухăвĕ пулса иртрĕ. Унта ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ çинчен парти райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ Тимофеев юлташ доклад туса пачĕ.

Парти активĕн пухăвĕнче пулнă коммунистсем, предприятисемпе колхозсен руководителĕсем, пуçламăш парторганизаци секретарĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсемпе медицина работникĕсем, колхозниксемпе механизаторсем Тăван çĕршыва малалла тĕреклетсе пырас, социализмла экономикăпа культурăна ÿстерес тата халăх пурнăçне лайăхлатас тĕлĕшпе парти туса хатĕрленĕ аслă программăна пурнăçлассишĕн активлă кĕрешме пулнине кăтартса пачĕç.

Пухура тухса калакансем, Директивăсен проектне пĕр шухăш-кăмăлпа ырласа, районти колхозсемпе предприятисен хальхи ĕçне тĕплĕн тишкерчĕç тата çĕнĕ пилĕк çуллăх плана ăнăçлă пурнăçлама пулăшас шутпа паха сĕнÿсем пачĕç.

Районти колхозниксемпе механизаторсем, съезд умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, пысăк обязательствăсем илнĕ. Кăçал кашни гектартан 15-шер центнер тĕштырă пухса кĕртмелле. Съезд ячĕпе ĕç вахтине тăрса, МТС механизаторĕсемпе колхозниксем çитес çуракине лайăх хатĕрленсе çитессишĕн тăрăшаççĕ. Машина-трактор станцийĕн коллективĕ, 60 трактор юсаса кăларса, пĕррремĕш квартал планне срокчен тултарчĕ. Халĕ коллектив съезд уçăлнă кун тĕлне ытти ялхуçалăх машинисене пĕтĕмпех юсаса çитерессишĕн кĕрешет. Çак кунсенче «Гвардеец», Сталин ячĕпе, Ворошилов ячĕпе, Мичурин ячĕпе, Киров ячĕпе тăракан колхозсенче те çуракине хатĕрленес енĕпе ăнăçлă ĕçлеççĕ.

Кунпа пĕрлех актив пухăвĕ парти райкомĕпе хăшпĕр пуçламăш парторганизацисем колхозниксен ĕçри активлăхне çителĕксĕр ÿстерсе пынине палăртрĕ. Чылай колхозсенче вăрлăх тасатасси, уй-хире тислĕк кăларасси, ялхуçалăх машинисем юсасси сÿрĕк пулса пыраççĕ. Вырăнти удобренисем хатĕрлес енĕпе Жданов ячĕпе, Калинин ячĕпе тăракан, «Первомайск», «Кзыл юлдуз» тата «Пламя Октября» колхозсенче уйрăмах япăх ĕçлеççĕ.

Районти колхозсенче сĕлĕ, пăрçа, вир, вика вăрлăхĕсем çитмеççĕ. Çĕрулми кăна 8.500 центнер çитмест. Апла пулин те колхоз руководителĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем вăрлăх улăштарса илессипе хăвăртлатма васкамаççĕ.

Тухса калакансем хуçалăхпа культура строительствинчи ытти çитменлĕхсене те уçса пачĕç. Николаев, Любимов, Ыркин тата Владимиров юлташсем районти шкулсен материалпа техника базин начаррине, çĕнĕ пилĕкçуллăхра строительство ĕçне анлăрах туса пыма, районта кирпĕчпе черепица завочĕсем лартма кирлине палăртрĕç.

Парти активĕн пухăвĕ сĕнÿ пачĕ: «Политехникăлла вĕренĕве ăнăçлă туса пыма шкулсем çумĕнче итарласа мастерскойсен çурчĕсене лартмалла, вĕсене промышленность предприятийĕсен çутĕç министерстви урлă комплентлă оборудовани парса тăмалла».

Пирĕн республикăн кăнтăрти районĕсем чугун çулпа шыв çулĕнчен инçетри районсем шутланаççĕ. Вĕсенче халлĕхе промышленность çителĕксĕр аталаннă. Çакна шута илсе, парти активĕн пухăвĕ Канашран Буинскине çитиччен чугун çул хывас, республикăн кăнтăрти районĕсенче çуртсем тăвакан завод лартас, автомашина юсакан мастерской уçас, Патăрьелĕнче электростанцине механизациленĕ арман туса лартас, ялхуçалăх снабженин базине уçас ыйтусене хускатрĕ.

Пилĕкçуллăхра пирĕн çĕршывăн халăх хуçалăхне хăватлăн аталантарма палăртнипе хавхаланса, актив пухăвĕ кăçал 4 пин гектар çинче (вăл шутран 1 пин гектар симĕс апат тума) кукуруза акса ÿстерме, кашни гектартан 22 центнер кукуруза пуçĕ, 300 центнертан кая мар симĕс масса туса илме, кашни ĕне пуçне 8 тоннăран кая мар силос хывма, 100 гектар çĕр пуçне 60 центнер сĕт, 15 центнер аш (вăл шутран сысна ашĕ 10,5 центнер) туса илме, кашни ĕнерен 1.500-шер литр сĕт суса илме обязательство йышăнчĕ.

Т. ИВАНОВ.
(Хамăр корр.).

# Электроаппаратура завод коллективĕн чаплă çĕнтерĕвĕ

1955 çулхи тăваттăмĕш кварталти социализмла ăмăртăвăн итогĕсем тăрăх Шупашкарти электроаппаратура завочĕ СССР Электротехника промышленность министерствин предприятийĕсем хушшинче пĕррремĕш вырăн йышăннă. Çавна май СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне çак заводрах хăвармалла турнă. Завода укçан паракан пĕррремĕш премие пама йышăннă. Çак укçа-тенкĕн чылай пысăк пайне коллективăн культурăпа йăла тĕлĕшĕнчи ыйтăвĕсене тивĕçтерме, тепĕр пайне—ача-пăча учрежденийĕсем организацилеме параççĕ.

Çак хыпарпа хавхаланса, заводри рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем 1956 çулхи — улттăмĕш пилĕкçуллăхăн малтанхи çулĕнчи плана срокчен тултарассишĕн хастарлă кĕрешсе ĕçлеççĕ.

## Депутат отчечĕ

ТĂВАЙ. Тăвай райсовет депутачĕ Павлов юлташ Сăхăтпуç ялĕнчи суйлавçăсем умĕнче Тăвай райсовет ĕçĕсем çинчен отчет туса панă. Ăна 200 суйлавçă ытла итленĕ.

Отчет тăрăх чылай суйлавçăсем тухса калаçнă. Вĕсем Тăвай райсовечĕн исполкомĕ колхозсено начар ертсе пынине палăртнă. Районти колхозсене электрификацилес ĕç начар пулса пырать. Райсовет исполкомĕ колхозсене пысăкрах электростанцисемпе, сăмахран, Канашри станцисемпе, çыхăнтарассишĕн тăрăшмасть. Çавна пула колхозсем пĕчĕк вăйлă станцисем лартма пикенеççĕ. Акă, Горкин ячĕпе тăракан колхоз 50 киловатт вăйлă движок илнĕ те, ăна халĕ те ĕçе яраймасть. Электричество вăйĕ çуккипе хуçалăхри, уйрăмах выльăх-чĕрлĕх фермисенчи йывăр ĕçсене механизацилесси вăраххăн пулса пырать. Электроэнерги çуккипех «Красный Октябрь» колхозра çакса тунă çула ку тараниччен те ĕçе яраймаи.

Суйлавçăсем Тăвай райсовет исполкомне районти çулсене, кĕперсене вăхăтра юсаса тăрас ĕçе начар йĕркеленĕшĕн критикленĕ. Сăхăтпуçĕпе Тушкил хушшинче чылайранпа кĕпер çук.

Райсовет исполкомĕ хăйĕн пайĕсен ĕçĕсене тĕрĕслесе тăмасть. Çул-йĕр пайĕн заведующийĕ Е. Васильев çул-йĕр ыйтăвĕсене татса парас вырăнне хăйĕн хуçалăхĕнчи ĕçсене туса пурăнать.

Районта строиматериалсем сутас ĕçе начар йĕркеленĕ, райпо ку ĕçе тивĕçлипе ертсе пымасть.

Суйлавçăсем çитменлĕхсене пĕтерме нумай сĕнÿсем панă.

М. АРБЕКОВ.

### ЯЛХУÇАЛĂХ НАЛОГНЕ ТÿЛЕСЕ ТАТРĔÇ

ЧУРАЧĂК. Пысăк Чăрăш ял Советне кĕрекен «Совет» колхоз членĕсем улттăмĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне тулли кăмăлпа кĕтсе илчĕç. Вĕсем çуракине лайăх хатĕрленсе çитме, государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра пурнăçлама тăрăшаççĕ. Ялти 114 хуçалăх 1956 çулхи ялхуçалăх налогне пĕтĕмпех парса татрĕç. Пурĕ 16.661 тенкĕ пухса панă.

М. ЯКОВЛЕВ.

### ÇАМРĂК СПЕЦИАЛИСТСЕМ ĔÇЛЕМЕ КАЯÇÇĔ

Çĕрпÿри библиотека техникумĕнчен нумаях пулмасть 31 çын вĕренсе тухрĕ. Çамрăк специалистсем хамăр республикăри тата ытти облаçсенчи культурăпа çутĕç учрежденийĕсене библиотекарьсем пулса ĕçлеме каяççĕ. Р. Ильина, В. Кузьмина, Э. Белова, В. Кузнецова тата ыттисем те Чита облаçне ĕçлеме кайма кăмăл турĕç.

А. МИХАЙЛОВ.

# КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе пыракан социализмла ăмăрту

*(Хаçатсем тăрăх)*

Совет халăхĕ Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съездне чыслăн кĕтсе илме хатĕрленет. Съезд ячĕпе ĕçсыннисен социализмла ăмăртăвĕ анлăрах та анлăрах сарăлать. Уйрăмах юлашки вăхăтра, улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне сÿтсе явнă май, ĕçсыннисен политикăлла тата производствăлла активлăхĕ кунран-кун ÿссе пырать.

Çĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан заводри рабочисем, инженерсемпе техниксем Директивăсен проектне активлă сÿтсе явни çинчен пĕлтерсе, районти «Социализмла ĕç» хаçат çапла çырать: завод коллективĕ кăçал малтанхи уйăх çурă планне КПСС XX-мĕш съезчĕ тĕлне 105 процент тултарассишĕн кĕрешет. Съезд ячĕпе ĕç вахтине тăрса, пĕррремĕш цехри Т. Пугачев столяр, М. Клячкина, И. Зеленова станочницăсем, С. Ушаков рамщик кашни сменăрах ĕç планне 200 процентран пуçласа 300 процент таран тултараççĕ.

Хаçат Çĕмĕрлери экстракт заводĕнчи Иван Ильич Баранов токарь 1956 çулхи задание 200 процентран кая мар тултарма обязательство илни, вăл çак уйăхри плана январĕн 15-мĕшĕ тĕлне тултарни çинчен пĕлтерчĕ. Унтах вăрманпромхоз коллективĕн çитĕнĕвĕсем çинчен С. Антоничев электромильщик çырнă статья тухрĕ. Вăл вăрманта ĕçлекенсем улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕррремĕш çулĕнчи плана ăнăçлă тултарассишĕн, çĕршыва йывăç нумайрах парассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлемо сăмах пани, вĕсем хăйсен сăмахне пурнăçлама тăрăшни çинчен çырать.

Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнчи «Мебельщик» хаçат виççĕмĕш цех коллективĕн ĕçĕпе паллаштарать. Январĕн малтанхи вунăкунлăхĕнче ĕçре малта пыракан рабочисем И. Крылов, М. Михеев, И. Назаров, В. Семенов, Ф. Воронков, К. Строганов, М. Пашков заданиесене 215—397 процент таран тултарса пынă.

Ялхуçалăх ĕçченĕсем парти съездне çуракине хатĕрленес тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри çитĕнÿсемпе кĕтсе илме тăрăшаççĕ.

«Октябрь ялавĕ» хаçатра Комсомольски районĕнчи «Гигант» колхоз председателĕ З. Быков çуракине хатĕрленес ĕç мĕнле пыни çинчен каласа парать. Халĕ уй-хире тислĕк кăларнă çĕрте 50 лав ĕçлет. 56 тонна минераллă удобренисем кÿрсе килнĕ. 200 гектар çинче юр тытнă. Колхозăн 13 сеялка тата 21 плуг пур, вĕсене пурне те юсанă.

Чурачăк районĕнчи «Çĕнтерÿшĕн» хаçатра «Самолет» колхоз председателĕн А. Лебедевăн «Çĕнĕ вăй-халпа» ятлă статьи пичетленнĕ. Вăл колхоз хресчĕнĕсем кăçал пысăк тухăçлă тырпулшăн тăрăшса ĕçлени çинчен пĕлтерет. Уй-хирне пин тонна тислĕк кăларнă, 8 тонна кĕл, 5,5 тонна кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухнă. Юр сахалтарах выртакан участоксем çинче юр тытнă. Тислĕке пуринчен ытларах кукурузăпа техникăлла культурăсем акса ÿстермелли участоксем çине кăларнă.

Директивăсен проектне сÿтсе явнă май колхозниксем çĕнĕ обязательствăсем илеççĕ. Первомайски районĕнчи «Коммунар» хаçат «Пионер» ялхуçалăх артелĕн фермисенче ĕçлекенсен çĕнĕ обязательствисем çинчен пĕлтерчĕ. К. Соколова, П. П. Матюшкина, В. Выросова дояркăсем кашни ĕнерен 10 уйăхра 2.100-шер литр, Л. Кондратьева доярка—1.800-шер литр сĕт суса илме сăмах панă. А. Камышова телятница кашни пăрăвăн чĕрĕ виçине пĕр талăкра 600 грамран кая мар ÿстерессишĕн тăрăшса ĕçлеме пулнă.

Калинино районĕнчи «Сталин çулĕпе» хаçат Хрущев ячĕпе тăракан колхозра Директивăсен проектне ял ĕçченĕсем активлăн сÿтсе явни, ферма работникĕсем съезд уçăлнă кун тĕлне кашни ĕнерен 550 литртан кая мар сĕт суса илессишĕн кĕрешни çинчен çырчĕ.

Çак тĕслĕхсенчен акă мĕн курăнать: хаçатсем совет çыннисен КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне, вĕсен шухăш-ĕмĕтне палăртса тăракан, вĕсене тăрăшса ĕçлеме хавхалантаракан статьясем чылай пичетлеççĕ. Кун пек статьясем ытларах пичетлени хаçатсен организаторла ĕçĕ лайăхланса пынине çирĕплетсе парать. Çав вăхăтрах районсенчи хаçатсенче ĕçсыннисем Директивăсен проектне сÿтсе явнă май паракан сĕнÿсем çинчен статьясем сукпа пĕрех. Çак çитменлĕхе хăвăртрах пĕтересси—хаçат редакцийĕсен чыслă тивĕçĕ.

# Организаторла ĕç туни курăнмасть

Каçхине ĕç хыççăн Жданов ячĕпе тăракан колхозра сысна пăхакансем общежитие пухăнчĕç. Кунта, чăнах, сивех мар, репродукторсăр пуçне урăх нимĕн те çук.

— Хăть домино пултăрччĕ,—ÿпкелешет свинаркăсенчен пĕри.

— Агитаторсем те темĕншĕн килме пăрахрĕç,—калаçăва хутшăнать Е. Фирсова свинарка.

— Тĕрĕссех çав, унта хăм та сайрахутра кăна пулатăп, ĕçсем нумай пулчĕç,—терĕ пире колхозри парторганизаци секретарĕ П. Макаров юлташ.

Парторганизаци фермăсенче ĕçлекенсем хушшинче массăлла-политикăлла ĕçе ăпăхтарса янă. Сысна ферминче агитатор пулса ĕçлеме Н. Тимофеев комсомолеца çирĕплетнĕ пулнă. Анчах вăл кунта килсе курăнмасть. Юлашки вăхăтра фермăра ĕçлекенсем валли нимĕнле лекци те, доклад та ирттермен. Вĕсемпе ятарласа калаçмашкăн нумай пулать. Свинаркăсем Кольцовкăри Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсен чĕнĕвĕ çинчен пĕлмеççĕ. Парторганизаци çав чĕнĕве ятарласа сÿтсе явассине тата партин XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла обязательствăсем йышăнассине йĕркелемен.

— Иртнĕ çулта кашни сысна аминчен миçе çура илтĕр?—ыйтрăмăр эпир свинаркăсенчен.

— Вуншилĕкшер, — терĕ Е. Фирсова юлташ.

— Çук, вуншар кăна, вуншилĕкшер илни вăл виçĕмçул пулнă,—тÿрлетрĕ ăна ферма заведующийĕ.

Фермăсенче ĕçлекенсем уйрăмах малта пыракан дояркăсемпе свинаркăсен опычĕ çинчен пĕлесшĕн. Парторганизаци вара ку тĕлĕшпе те выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсен ыйтăвĕсене тивĕçтерме тăрăшмасть. Вăл районти малта пыракан фермăсене, сăмахран, кÿршĕри «Правда» ялхуçалăх артелĕн фермисене, экскурсие кайса вĕсен опытне вĕренессине йĕркелемен.

Свинаркăсен ĕçри хастарлăхĕ курăнмасть, кунта сыснасене начар пăхаççĕ, кунне икĕ хутчен кăна — ирхине 8 сехетре тата каçхине 4 сехетре тăрантараççĕ. Сысла амисене талăкне 1,5-шер килограмм пиçнĕ çĕрулми, пĕрер килограмм посыкпа кăна тивет.

Эпир ĕне фермине кайса курма кăмăл турăмăр.

— Дояркăсем патне кайма кирлĕ мар, унта та çавăн пек çитменлĕхсемех,—малтанах асăрхаттарчĕ пире Макаров юлташ.

Тĕрĕс калать вăл. Ĕнесене типĕ улăм параççĕ. Вĕсене сĕтеклĕ апат памаççĕ. Çавна пула сĕт суса илесси чакса пырать. Çĕнĕ хуçалăх çулĕн иртнĕ виçĕ уйăхĕ хушшинче кашни ĕнерен 40 литр (виçĕ кунта пĕрер литр!?) кăна сĕт суса илнĕ. Ĕнесем пĕлтĕрхи çак вăхăтринчен икĕ хут сахалрах сĕт панă.

Кунта выльăх-чĕрлĕх работникĕсен пĕлĕвне ÿстерессишĕн те тăрăшмаççĕ. Зоотехникăна вĕренмелли курсра кăçал ку тарана çитсе те занятисем ирттерме тытăнман. Занятисем ирттерме ветеринари врачне К. Горшков юлташа хушнă пулнă. Анчах вăл пырса та курăнман.

Элĕк районĕнчи ытти колхозсенче те ферма работникĕсемпе ĕçлемеççĕ. Сталин ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци коммунистсене фермăсенче агитаторсем пулма çирĕплетнĕ. Анчах, куллен тĕрĕслесе тăман пирки, хăшпĕр агитаторсем ĕçе халĕ те тытăнман.

Пуçламăш парторганизацинче Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕ «1955—1956 çулсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсен социализмла ăмăртăвне организацилесси çинчен» йышăннă постановление халĕ те сÿтсе явман. Выльăх пăхакансем пурăнакан общежитие хĕрлĕ кĕтес туман. Ялти клуб заведующийĕ Д. Илларионов юлташ фермăсенче пĕчĕк библиотекăсем йĕркелеме тăрăшмасть. Почтальон М. Орлова ферма работникĕсем валли çырăннă хаçатсене вăхăтра çитерсе памасть, хăшпĕр чухне вĕсене çухатать.

Колхоз председателĕ А. Никандров тата парторганизаци секретарĕ Е. Иванов юлташсем фермăсенче пулкалаççĕ, анчах çитменлĕхсене пĕтерме тăрăшмаççĕ.

Артель ĕнесенчен сĕт суса илес енĕпе юлса пырать. Виçĕ уйăх хушшинче кашни ĕнерен 66-шар литр кăна сĕт суса илнĕ.

КПСС Элĕк райкомĕ Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕ выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсен социализмла ăмăртăвне йĕркелесси çинчен йышăннă постановление çителĕксĕр пурнăçласа пырать. Юлашки вăхăтра, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç япăхса çитсен, вăл ку ыйтупа ларусемпе калаçусем нумайрах ирттерме тытăннă, решенисем йышăннă. Анчах райком хăйĕн решенийĕсене организаторла ĕçпе çирĕплетмест. Колхозсенче кăçал выльăх апачĕ иртнĕ çултинчен нумайрах хатĕрленĕ пулин те, сĕт суса илесси чакса пырать.

Ĕнесенчен сĕт суса илес тата сыснасем самăртас тĕлĕшпе малта пыракан «Правда» тата Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозсен опытне сарас шутпа парти райкомĕпе райсовет исполкомĕ нумай пулмасть канашлу ирттерчĕç. Канашлура асăннă колхозсен председателĕсем С. Шлябинпа П. Ананьев юлташсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри хăйсен опычĕ çинчен лайăх докладсем туса пачĕç. Анчах вĕсен доклачĕсене ĕçлĕн сÿтсе явни пулмарĕ. Парти райкомĕ те малта пыракан колхозсемпе фермăсен опытне сарас ĕç çине çителĕксĕр пăхать.

— Иртнĕ çулхи декабрь уйăхĕнче,— терĕ хăйĕн докладĕнче «Правда» колхоз председателĕ Шлябин юлташ, — пире, колхоз председателĕсене, Шверник ячĕпе тăракан колхоза семинара пухрĕç. Унта асăннă колхозăн ĕне ферминче улăма пăспа çемçетсе çитерес ĕçри опытпа паллаштарчĕç. Анчах эпир тухса кайнă хыççăнах унта çак ĕç чарăнса ларнă.

КПСС Элĕк райкомĕн выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем хушшинче партилле-политикăлла тата организаторла ĕçсене лайăхлатмалла. Ку тĕлĕшпе, чи малтанах, МТС енĕпе ĕçлекен инструкторсен ĕçне вăйлатмалла.

Н. ОРЛОВ.

# Алĕç урокĕсем

Пуçламăш классенче алĕçне вĕрентесси кăçалхи вĕренÿ çулĕнче çеç пуçланнă. Апла пулин те, пирĕн шкулти учительсем алĕç урокĕсене малтанах лайăх ирттерме пуçларĕç. Вĕренÿ çулĕ пуçланиччен пуçламăш шкулта вĕрентекен пур учительсем те ку тĕлĕшпе ятарласа тунă курсран вĕренсе тухрĕç. Чăваш АССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учительници Е. И. Жирнова юлташ алĕç урокĕсем ирттерес енĕпе пухнă хăйĕн пысăк опычĕпе паллаштарчĕ.

Алĕçне вĕрентессине лайăх организацилес шутпа 1.500 тенкĕ укçа расходларăмăр. Халĕ пирĕн 49 хачă, 9 пуртă, 19 витре, 75 кĕреçе, çилĕм тата ытти кирлĕ япаласем пур.

Вĕренÿ çулĕ пуçланнăранпа эпир вĕренÿ пайĕн заведующийĕпе пĕрле 16 алĕç урокне итлерĕмĕр. Çав уроксенчен нумайăшне учительсем аван ирттерчĕç. Ф. Матвеева, А. Матвеева, М. Каринкина учительницăсем хăйсен класĕсенчи ачасене çĕвĕ çĕлеме тата ытти ĕçсене ăнăçлă вĕрентеççĕ.

Алĕç урокĕсене III-мĕш класра М. Каринкина учительница уйрăмах интереслĕ ирттерет. Арçын ачасем те кунта çĕлеме вĕренеççĕ, вĕсен çĕввисем хĕрачасенниичен нимĕн чухлĕ те начар мар. Çавăн пекех II-мĕш класра Доброхотова учительница ачасене пĕр урокра конвертсем тума вĕрентрĕ.

Начартарах ирттернĕ уроксем те тĕл пулаççĕ. IV-мĕш класра А. Жирнова учительница ачасене çĕвĕ çĕлеме вĕрентме тытăнчĕ. Анчах материалпа инструментсене малтанах хатĕрлесе хуман, учительница урока хăй те хатĕрленмен. Çавăнпа урок ăнăçлă иртеймерĕ.

Эпир итленĕ уроксенчен çакă паллă пулчĕ: ачасем те, учительсем те алĕçне юратаççĕ. Пур ачасем те уроксенче лайăх лараççĕ, мĕншĕн тесен кашнийĕн аллинче интереслĕ ĕç пур, ăна вăл вĕçне çитеричченех тума тăрăшать.

Алĕç урокĕсенче ачасем нагляднăй пособисем те тăваççĕ. 1-мĕш «а» класра (Ф. Матвеева учительница) арифметикăпа вунна çити шутламалли нагляднăй пособи туса хатĕрленĕ.

Халĕ эпир йывăç япаласем тумалли мастерской туса пĕтеретпĕр.

Ачасене ĕçе юратма вĕрентессинче алĕç урокĕсен пĕлтерĕшĕ пысăк. Сутĕç органĕсен çав уроксене ирттерессине тивĕçлĕ хак памалла. Культура таварĕсем сутакан магазинсенче картон, тĕрлĕ хутсем, çилĕм, пластилин çителĕклĕ таран сутмалла.

Е. МОЛОСТВОВ.
Елчĕк районĕнчи Аслă Елчĕкри вăтам шкул директорĕ.

# Сĕтел-пукан ытларах туса кăларассишĕн

1956—1960 çулсенче СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план пирки Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕн коллективĕ хапăл туса йышăнчĕ.

Директивăсен проектĕнче промышленноçри пур отрасльсенче те продукци туса кăларассине ÿстерме палăртнă. Пирĕн комбинат продукцийĕ те—тĕрлĕ сĕтел-пукан туса кăларасси 1960 çул тĕлне, 1955 çулхипе танлаштарсан, 206 процент ÿсет.

Комбинат коллективĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен, 1955 çулхи сентябрĕн 26-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ, çĕршыва планран ирттерсе 32 миллион тенкĕлĕх продукци пачĕ. Продукци туса кăларасси икĕ хут, ĕç тухăçлăхĕ 40 процент ÿсрĕ.

Иртнĕ пилĕкçуллăхра пирĕн коллектив партипе правительствăн пысăк заданийĕсене пурнăçларĕ. Кунта Мускаври государство университечĕн çурчĕсем валли тата Варшавăри Культурăпа наука двореçĕ валли хатĕрленĕ оборудование асăнса хăварас пулать. Варшавăри Культурăпа наука двореçĕ валли хатĕрленĕ япаласене лайăх пахалăхпа тунăшăн Польша правительстви комбинат коллективне Хисеплĕ грамота парса чыс турĕ, ултă çынна Польша республикин тĕрлĕ хисеп значокĕсем парса наградăларĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕн решенийĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе комбинат коллективĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план туса хатĕрлерĕ. Ку план тăрăх, 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, продукци туса кăларасси 45 процент, хальхи лаптăк çинчех сĕтел-пукан туса кăларасси 35 процент ÿсет. Кĕпе-тумтир хумалли шкафсем 15 пин, пукансем—75 пин штук ытларах туса кăлармалла, кĕнеке хумалли шкафсем тума хăнăхса çитмелле. Ытти япаласем тăвасси 60 процент, фанера тăвасси—35 процент ÿсет. Производство лаптăкĕн кашни тăваткал метрĕ çинче 34 процент ытларах продукци туса кăлармалла пулать. Комбинатра таварлă продукци паман цехсем ĕçе хутшăнаççĕ, çавăнпа ĕç тухăçлăхĕ пирĕн 36 процент чухлĕ кăна ÿсмелле.

Электроэнерги çитменнипе комбинат пысăк йывăрлăх тÿсет. Çавăнпа улттăмĕш пилĕкçуллăхра ТЭС-ăн иккĕмĕш черетне туса ĕçе ямалла. Ку вăл пире хальхинчен икĕ хут ытларах электроэнерги туса кăларма май парать. Кăçал ТЭС валли торф кăларма тытăнатпăр.

Фанера тăвакан çĕнĕ цех пулать, хăшпĕр цехсене çĕнетсе пысăклатмалла. Рабочисемпе специалистсем пурăнакан поселокра çуртсене чул сарса тухатпăр.

Производство процесĕсене автоматизацилес, йывăр ĕçсене механизацилес тĕлĕшпе чылай ĕçсем тума палăртнă. Сĕтел-пукан тата ытти йывăç япаласем тумалли çурма автоматла линисем пулаççĕ. Хальхи вăхăтра паркет туса хатĕрлекен çурма автоматла линие вырнаçтарса ĕçе ярас ĕçсем пыраççĕ. 5-мĕш цех коллективĕ пĕррремĕш кварталта шкафсене конвейер çинче пухмасăрах кăларма тытăнать. Ку вăл производство лаптăкĕн пĕр пайне пушатма, ĕç тухăçлăхне ÿстерме, продукци пахалăхне лайăхлатма май парать. Пушаннă лаптăка вырнаçтаракан оборудовани пĕрешкел, улăштарма май паракан детальсем кăларма пуçлать. Ăна эпир вырнаçтарма хатĕрленетпĕр. Детальсене пĕрешкеллетни, улăштармалла туни шкафсене вырăнтах, сутнă çĕртех пухса хатĕрлеме май парать.

Директивăсен проектĕнче хутпа йывăç каскалакан промышленноçа аталантарас тĕлĕшпе çапла каланă: «Целлюлозăпа хут, вăрман, хими тата гидролиз промышленноçĕн продукцине туса кăларас ĕçре, çавнашкалах йывăç плитисем, строительство детальĕсем, искусственнăй йывăç материалĕсем туса кăларас ĕçре çулçăллă йывăççемпе тата хăма çуракан, йывăçран тĕрлĕ япаласем тăвакан промышленноçра, вăрман хатĕрленĕ чухне пулакан йывăç каяшĕсемпе ытларах усă курмалла». Хальхи вăхăтра комбинатра чус кĕрпинчен столярнăй плиткăсем туса кăларма хатĕрленеççĕ. Ку вăл сĕтел-пукан тунă çĕрте чылай йывăç перекетлеме май памалла.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсенчен тăвакан çилĕмсене карбамидлă çилĕмсемпе улăштарас тĕлĕшпе те ĕçсем пыраççĕ. Кун пек туни апат-çимĕç продукчĕсене перекетлеме пулăшать. 1956 çулта йывăç детальсене сушилка камерисенче хăвăрт типĕтессине йĕркене кĕртмелле, йывăç япаласем тăвакан цехсем валли типĕтнĕ детальсем кăларасси çак лаптăк çинчех чылай ÿсмелле. Техникăлла пропаганда ĕçне сарас тĕлĕшпе технически кабинет ĕçлеме тытăнать.

Технологие çĕнетес тĕлĕшпе те хăшпĕр ĕçсем тума тытăннă. Халĕ, сăмахран, пуканăн кайри урисене темиçе пайран çыпăçтарса тунă щитсенчен касса кăларатпăр. Çавна май эпир çулталăкра 600 кубометр таран юман йывăççи перекетлеме пултаратпăр.

1956 çулта 40 ытла тĕрлĕ организацилле-техникăлла мероприятисем пурнăçа кĕртмелле. Вĕсене ĕçе кĕртни пирĕн производствăна техникăлла прогресс тума пулăшмалла.

Директивăсен проектĕнче халăхăн материальнăй тата культурăлла пурнăçĕн шайне çĕклес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттермеллине кăтартнă. Пилĕкçуллăхра 4.500 тăваткал метр пурăнмалли çуртсем, ача сачĕ, ача ясли, 880 ача вĕренмелли шкул, 50 койка вырнаçмалăх больница, поселокра канализаци тумалла, пурăнмалли çуртсене юсамалла.

Директивăсен проектĕнче промышленноçа специализацилес тата кооперацилес енĕпе çапла каланă: «Обществăлла ĕç тухăçлăхне ÿстерес, производствăри тăкаксене чакарас тата продукци пахалăхне лайăхлатас шутпа улттăмĕш пилĕкçуллăхра промышленноçа специализацилес тата кооперацилес ĕçсене анлăрах сармалла, специализациленĕ предприятисенче производствăна массăлла поток меслечĕпе йĕркелемелле».

Калас пулать, ку тĕлĕшпе пирĕн комбинатра нимĕн те туман-ха. 1955 çулта, сăмахран, 268 тĕрлĕ виçеллĕ япаласем туса кăларнă. Вĕсенчен хăшĕ-пĕрисем питĕ кăткăс, уйрăм заказпа панă япаласем шутланаççĕ. 1956 çулта продукци ассортименчĕ татах нумайланать. Çав изделисене туса кăлармалла. Паллах ĕнтĕ, тĕрлĕ йышши продукци туса кăларнă пирки производство процесĕсене механизацилеме йывăр, çавăнпа та комбинатра производство операцийĕсенчен 28,6 процентне алă вĕççĕн тума тивет. Министерствăн хăйне пăхăнса тăракан предприятисене специализацилес ыйтăва хăвăртрах татса памалла, производство процесне механизацилеме, çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртме çине тăрса пулăшмалла.

Промышленноçа кооперацилес тĕлĕшпе те пысăк çитменлĕхсем пур. Пирĕн комбинат нумай çул хушши тĕрлĕ министерствăсене пăхăнса тăракан предприятисемпе çыхăнса ĕçлерĕ. Эпир хамăр заказчиксен ыйтăвĕсемпе нушисене пĕлсе тăраттăмăр. Кăçал пире урăх предприятисен заказĕсене пурнăçлама задани пачĕç, çапла вара малтанхи заказчиксемпе çыхăну тытма пăрахмалла пулчĕ. Çĕнĕ предприятисен заказĕсене пурнăçлама пирĕн чертежсем çук-ха, çавна пула вăхăт усăсăр сая каять.

Çакăн пек факт илсе кăтартма пулать. Пирĕн комбинат темиçе сийрен тăракан плитасене Латви республикинчен илсе тăрать, çав вăхăтрах пирĕн главка пăхăнса тăракан Мускаври предприятисем çавăн пек плитасем Муром хулинчен илсе тăраççĕ. Паллах ĕнтĕ, çав продукцие Муромран Çĕмĕрлене турттарма çăмăлтарах, анчах темшĕн çавăн пек тумаççĕ: плитасене ним усăсăр 600 километр турттарса çÿреççĕ. Çавăн пирки государство укçи-тенки нумай тăккаланать. КПСС обкомĕн, уйрăмах промышленноçпа транспорт пайĕн, промышленноçа кооперацилес ыйтусене хăвăртрах татса пама тăрăшмалла. Кашни предприяти ĕçне тĕплĕн пĕлсе тăмалла, унăн ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерсе пыма тăрăшмалла. Кашни предприяти çумне ялан заказчиксем тата материалсем парса тăракан предприятисем çирĕплетмелле.

Пирĕн комбинатри рабочисем, инженерсемпе техниксем КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, 1956 çулхи производство программине срокчен тултарма, планран ирттерсе 2 миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларма, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана ирттерсе тултарма, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетнипе 500 пин тенкĕ перекетлеме обязательство илчĕç. Унсăр пуçне организацилле-техникăлла ĕçсене пурнăçланипе çулталăкра 1 миллион тенкĕ перекетлеме, рабочисем валли 870 тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем, 100 ача вырнаçмалăх ача сачĕ тата 100 ача вырнаçмалăх ача ясли туса лартма пултăмăр.

Çак обязательствăсене пурнăçлас тесен, комбинат коллективне республикăри организацисен те нумай пулăшмалла. Уйрăмах пирĕн предприяти йывăç материалсем çитменнипе чăрмав тÿсет. Хальхи вăхăтра та комбинат чĕртавар çитмен пирки пĕтĕм хăвачĕпе ĕçлеймест.

Тÿрех калас пулать, «Чăвашвăрман» тресчĕ (управляющийĕ Игнатьев юлташ), Главлесосбытăн республикăри управленийĕ (начальникĕ Долбилов юлташ) комбината чĕртавар парса тăрас ĕç çине тĕрĕс мар пăхаççĕ. Çапла, «Чăвашвăрман» трест хăй хатĕрленĕ пĕтĕм йывăçран 6 процентне кăна комбината парса тăрать, кăçал унтан та сахалтарах. Çак вăхăтрах трест ытти республикăсене йывăç нумай ăсатать, хăйĕн пĕчĕк предприятийĕсене пысăклатса пырать. Эпир вара Хĕвеланăç Çĕпĕртен, Красноярск крайĕнчен тата Хабаровск крайĕнчен йывăç илсе тăратпăр. Республикăра хатĕрленĕ йывăçа ытти республикăсемпе крайсене, вăл шутра Çĕпĕре те ăсатнинчен мĕн усси пур-ши? Йывăçа унталла-кунталла усăсăр турттарни государствăна темиçе миллион тенкĕ тăкак кÿрет. Çакăн пек йĕркесĕрлĕхе хăвăртрах пĕтермелле.

Пирĕн республикăра сĕтел-пукан комбинатне чĕртавар парса тăма пур условисем те çителĕклĕ. «Чăвашвăрман» тресчĕ пире хăй хатĕрленĕ йывăçăн 10 процентне çеç парса тăрсан та, комбинат çав чĕртаварпа çулталăк хушши пĕр чăрмавсăр ĕçлеме пултарать.

Пирĕн комбинатри рабочисем, инженерсемпе техниксем партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртура пысăк çитĕнÿсем тăвассишĕн кĕрешеççĕ. Республикăри партипе совет органĕсем пулăшнипе предприяти коллективĕ улттăмĕш пилĕкçуллăхра та хăйĕн задачисене ăнăçлă пурнăçлĕ.

З. ХРИПУШИН.
Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕн директорĕ.

# Колхозсенчи строительство ĕçĕсене вăйлатар

Сĕрпӳ районĕнчи колхозсем 1955 çулта пурĕ 350 ĕне, 520 сысна, 450 сурăх, 150 пăру, 132 лаша, 1.000 пуç чăх валли çĕнĕ витесем тума палăртнăччĕ. КПСС райкомĕпе райисполком çав плана пурнăçа кĕртмелле тăвас тĕлĕшпе организацилле мерăсем йышăнчĕç. Колхозсем çĕнĕ витесемпе силос сооруженийĕсем тума тата фермăсенчи нумай вăй хумалли ĕçсене механизацилеме ялхуçалăх банкĕ урлă вăрăм срокпа çур миллион тенке яхăн кивçен укçа илчĕç.

Чапаев ячĕпе тăракан колхозра выльăх-чĕрлĕх витисем пĕтĕмпех юхăнса çитнĕччĕ. Фермăсенче ĕçлекенсем çĕнĕ витесем тума ыйтсан, унччен руководительсем ĕç вăйĕ тата укçа-тенкĕ çитмест, тетчĕç. Иртнĕ çулла колхоз председателĕ пулма Гурьев юлташа суйланă хыççăн ĕç пачах улшăнчĕ. Гурьев юлташ строительство бригадине организацилерĕ, унта ĕçлеме чи шанчăклă колхозниксене уйăрчĕç, кĕске вăхăтрах материалсем хатĕрлерĕç, государство панă пулăшупа тĕрĕс усă курчĕç. Строительство бригади çур çул хушшинче 100 пуç сысна, 25 лаша тата 500 чăх валли типовой витесем лартрĕ. Ку колхозра кăçал 80 ĕне валли типовой вите, кормокухня тума, фермăсенчи чылай ĕçсене механизацилеме тата çĕнĕ клуб тума хатĕрленеççĕ. Çавăн пекех Шверник ячĕпе тăракан, «Гвардия», «Большевик», «Дружба» колхозсенче строительство ĕçĕсене çултан-çул тăсса пынă, витесем çитменнипе выльăхсем нумай вилсе пĕтнĕ. Иртнĕ çулта çав артельсем те икшер-виçшер вите туса лартрĕç.

Иртнĕ çулхи итогсен тепĕр лайăх енĕ вăл çакă пулать: колхозсем строительство пахалăхне чылай лайăхлатрĕç, витесемпе ытти сурт-йĕрсене типовой проектсем тăрăх турĕç. Выльăх-чĕрлĕхрен тата ытти отрасльсенчен илекен тупăшсем ӳснĕ май, колхозсем строительство валли укçа-тенкĕ нумайрах уйăраççĕ. Хрущев ячĕпе, Мичурин ячĕпе тăракан, «Сталинцы» колхозсем витесем тума кирпĕчпе, сырма чулĕпе, шлакпа усă курчĕç, тăррисене хĕçтимĕрпе е шиферпа витрĕç. «Красный Октябрь» колхозра сырма чулĕнчен пысăк кормокухня туса лартрĕç, кăçал тата тепре тăваççĕ.

Пирĕн районти колхозсем 1956 çулта выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине татах вăйлатма, выльăх-чĕрлĕхе пăхас ĕçе лайăхлатма, çĕнĕ витесем нумайрах тума, фермăсенчи ĕçсене механизацилеме пысăк обязательствăсем йышăнчĕç. Кăçал 7 колхозра пурĕ 400 ĕне, 8 колхозра—770 сысна, 6 колхозра—220 пăру, 7 колхозра 3.500 чăх валли çĕнĕ витесем тумалла.

Плана ăнăçлă пурнăçласси пуринчен ытларах строительство материалĕсене малтанах çителĕклĕ таран хатĕрлесе хунинчен килет. Государство пирĕн районти колхозсене 1956 çулта çĕнĕ витесемпе ытти çурт-йĕрсем тума Йĕпреçпе Кирери тата Атăл леш енчи вăрман хуçалăхĕсенчен 11 пин ытла кубометр вăрман уйăрса пачĕ. Çав шутран 6.500 кубометрне колхозсем касса хатĕрленĕ ĕнтĕ. Хрущев ячĕпе, Мичурин ячĕпе, Жданов ячĕпе, Чапаев ячĕпе тăракан, «Большевик» колхозсем касса хатĕрленĕ йывăçран 300—700-шер кубометр кӳрсе килнĕ.

Çапах та, пĕтĕмĕшпе илсен, районти колхозсем строительствăра вырăнти материалсемпе, уйрăмах чулпа çителĕксĕр усă кураççĕ-ха. Çакăншăн чи малтан райисполкомăн ялпа колхозсенчи строительство пайĕ айăплă. Эпир малта пыракансен опытне ĕçе кĕртме сахалрах тăрăшнă-ха, строительство культурине хăпартассишĕн çине тăрса кĕрешмен. Пирĕн Канаш районĕнчи строительсенчен нумайрах вĕренмелле. Вырăнти строительство материалĕсемпе ытларах усă курнипе ĕнтĕ вĕсем 1955 çулта выльăх-чĕрлĕх витисемпе ытти сооруженисем тăвас енĕпе республикăра пĕрремĕш вырăн йышăнчĕç.

КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕ колхозсенче çурт-йĕрсем тумалли материалсене вырăнти промышленность предприятийĕсенче ытларах туса кăларма кăтарту пачĕ. Çакна Сĕрпӳ районĕнче начар пурнăçлаççĕ. Промкомбинат кирпĕч туса кăлармалли планăн чĕрĕкне те тултарман, кирпĕч пахалăхĕ начар, вăл автомашина çине тиесе колхозсене çитеричченех пĕтĕмпех ванса пĕтет. Çакна республикăри вырăнти промышленность министерстви лайăх пĕлет пулин те, промкомбинатăн кирпĕч заводне туса пĕтерме тата ăна лайăх ĕçлеттерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнмасть.

Сĕрпӳ районĕнче промысла артелĕсем те пур, анчах вĕсем хăйсен планĕсене пуринчен ытларах чăпта çапса тултараççĕ, кирпĕч, черепица, известь е ытти материал тума пĕринче те шутламаççĕ.

Сĕрпӳ районĕнчи колхозниксемпе механизаторсем КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва пысăк çĕкленӳпе хутшăнчĕç. Çак ăмăртура колхозсенчи строительсем те хăйсен мĕнпур вăйне хурса ĕçлеççĕ, вĕсем кăçалхи плана тата лайăхрах пахалăхпа пурнăçлĕç.

**Д. ГРИГОРЬЕВ.**

Райисполкомăн ялпа колхозсенчи строительство пайĕн заведующийĕ.

# Председатель пырса курман фермăра

Красноармейски, Шăхасан тата Çурачăк районĕсен чиккисем пĕрлешнĕ тĕлте «Мотор» колхозăн сĕрĕсем выртаçнă. «Чи аякри колхоз», теççĕ Çурачăк районĕн руководителĕсем çак ялхуçалăх артелĕ çинчен сăмах тапратсан,—вара тӳрех колхоз юлса пыни çинчен калаçма тытăнаççĕ.

«Мотор» ялхуçалăх артелĕ 1955 çулта та пысăк ăнăçусемех тăвайман. Тĕштырăсем вăйлă пулайман. Колхозра уйрăмах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç юлса пырать. Иртнĕ хуçалăх çулĕнче кашни сăвакан ĕнерен 761 литр çеç сĕт суса илнĕ, усă куракан çĕрсен 100 гектарĕ пуçне 23 центнер сĕт, 4 центнер аш-какай илнĕ. Колхозра кашни 100 гектар пуçне 3 ĕне кăна усраççĕ.

Çĕнĕ хуçалăх çулĕнче те ӳсĕмсем палăрмаççĕ-ха. Пачах урăхла, выльăх-чĕрлĕхрен продукци илесси пĕлтĕрхинчен те чакса пырать. Октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа çĕнĕ çул тĕлне кашни ĕнерен 83 килограмм кăна сĕт суса илнĕ. Январĕн 20 кунĕ хушшинче кашни ĕнерен 3-шер литр çеç суса илнĕ.

Ĕнесем пăхас ĕçе колхозра чăтма çук япăх йĕркеленĕ. Халĕ кунта 4 ĕçе кăна сăваççĕ. Ытти 26 ĕнине, тапратаççĕ тесе, мĕн кĕркуннерепех сума пăрахнă. Анчах ĕнесем хăçан пăрулассине дояркăсем те, ферма заведующийĕ те тĕплĕн пĕлеймеççĕ. Утă ĕне хĕсĕр юлнă.

Сĕт-çу ферми ялтан икĕ километрта, Ям шывĕ хĕрринче вырнаçнă. Çил-тăманлă çанталăкра фермăпа ял хушшинчи çула тулнисех юр хӳсе каять. Фермăра пире шăпах çавăн пек çил-тăманлă кун пулма тӳр килчĕ. Кунти ĕççене курса паллашнă хыççăн артель ĕнесенчен сĕт суса илес тĕлĕшпе мĕншĕн юлса пыни уççăнах курăнчĕ. Эпир чи малтанах фермăра ĕçлекен дояркăсемпе паллашрăмăр. Парасковья Михайлова—ĕçчен хĕр. Доярка пулса виççĕмĕш çул ĕçлет. Пур ĕçе те юратса тăвать вăл: витене таса тытать, ĕнесене талăкра икĕ хут ăшă шывпа шăварать, айне сарнă улăма улăштарсах тăрать. Анчах унăн та ӳсĕмсем сахал.

Михайлова иртнĕ çулта хăй пăхакан кашни ĕнерен 1.300-шер килограмм сĕт илме пулса обязательство йышăннă, анчах панă сăмаха пурнăçлайман.

— Кăçал 1.500-шер литр илме пултăм,—каласа парать Михайлова юлташ.—Правлени пирĕн ферма çине кун пекех чунсăррăн пăхсан, паллах, каллех намăс курма тивет. Çуррине те илеймĕн...

Дояркăсем пурăнакан пӳртре, стена çинче выльăхсене хĕллехи вăхăтра тăрантармалли апатсен рационĕ пур. Ун тăрăх кашни ĕнене талăкра утă-улăмсăр пуçне пĕр килограмм концентрат, 5 килограмм сĕтеклĕ апатсем памалла. Тĕрĕссипе вара ĕнесене хĕле кĕнĕренпе икĕ михĕ сăсăлсăр пуçне пĕр пĕрчĕ концентрат та паман. Сĕтеклĕ апатсем те çук. Кĕркунне кукурузăран 50 тонна силос хывса хăварнă, анчах çак паха апата ĕнесене халĕ, сивĕ уйăхсенче, çитерме шутламаççĕ.

Ĕнесене ыраш улăмĕ кăна ытларах параççĕ. Çапла пĕр пăрахса панă улăма выльăхсем çиесшĕнех мар, вăл усăсăр нумай сая каять. Фермăра кормозапарник те пур. Улăма тураса, пăспа çемçетсе, посыпкăпа хутăштарса пама пулать. Анчах кормозапарникпе усă курмаççĕ.

Хĕллехи уйăхсенче дояркăсен ĕçĕ чылай йывăрланать. Вĕсен витери ĕççемсĕр пуçне уя улăм тиеме те хăйсеннех каймалла. Улмурисене тӳперенех юр хӳсе кайнине пула уйра кун каçипех тертленме тивет.

«Мотор» колхозра, юнашарти ытти ялхуçалăх артелĕсенчи пекех, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлăн аталантарма пулать. Утă-улăм, концентратсем те пĕлтĕрхинчен чылай нумай. Дояркăсем те ĕçе юратакан çынсем. Колхоза ертсе пыракансем тăрăшман пирки çеç ĕç малалла каймасть.

Артель председателĕ М. Андреев юлташ фермăна пырса та курăнмасть. Парторганизаци секретарĕ М. Филиппов та фермăри ĕçсем çинчен пĕлмест. Ферма заведующийĕ В. Тимофеев хăйне шанса панă участокра хăна пек çеç пулкалать. Сăмахран, январĕн 21-мĕшне 22-мĕшĕнче вăл фермăра пачах пулман. Çавна пула ĕнтĕ фермăра учет ĕçĕ те япăхса кайнă.

— Пирĕн çинчен мансах кайнă,—кăмăлсăррăн каласа параççĕ дояркăсем. —Сĕт сахал илни пикамах та шухăшлаттармасть пулмалла...

Стена çинчи рационă ĕнесен кашни ĕнене талăкра 7—8 апат единици тивет. Чăннипе вара ĕнесене чĕре сури пулмалăх çеç çитереççĕ. Акă, çапла тăрантарнин результачĕ: 30 ĕне усракан фермăра пĕр кунта суса илнĕ пĕтĕм сĕт 7,5 литр шутланать.

Малта пыракан колхозсем хĕллехи вăхăтра кашни ĕнерен 700-шер литр сĕт суса илме тăрăшаççĕ. «Мотор» колхозăн та сĕт суса илессине ӳстерме майсем пур. Колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизаци хуçалăха пĕлсе, конкретлă ертсе пыни кăна çитмест.

«Мотор» колхоз юлса пынине район руководителĕсем те лайăх пĕлеççĕ, анчах хуçалăха ура çине тăратас тĕлĕшпе правление кирлĕ пек пулăшмаççĕ.

**А. НИКОЛАЕВ.**

Çурачăк районĕ.

## „Республикăри чи лайăх доярка" ятне илнисем





Укĕрчĕксем çинче (сулахайран сылтăмалла): 1. Сĕрпӳ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозри доярка Е. А. Антонова, иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче вăл хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 2.875-шер килограмм сĕт суса илнĕ. 2. Сĕрпӳ районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри доярка Н. В. Васильева, иртнĕ çул вăл кашни ĕнерен вăтам шутпа 2.113-шер килограмм сĕт суса илнĕ.

Ф. Иванов фотоӳкерчĕкĕсем.

## Чăх-чĕп ферминче ĕçлекенсен семинарĕ

МУРКАШ. (Хамăр корр.). Çак кунсенче КПСС райкомĕпе райсовет исполкомĕ чăх-чĕп ферминче ĕçлекенсемпе ялхуçалăх специалисчĕсен семинарне ирттерчĕç.

Семинарта пулнисем малтан Сталин ячĕпе тăракан колхозăн чăх-чĕп фермине кайса курчĕç. Ферма заведующийĕ Т. Толстов юлташ вĕсене чăх-чĕпсене пăхас ĕçри опытпа паллаштарчĕ.

Фермăрă халĕ пурĕ 1.400 чăх шутланать. Вĕсем хĕллехи кунсенче те çăмарта нумай тăваççĕ. 1955 çулхи октябрьтен пуçласа çĕнĕ çула çитиччен пурĕ 17 пин çăмарта ытла тунă.

Семинарта пулнисем чăх-чĕпсене пăхса усрасси, вĕсене çăмарта ытларах тутармалли майсем çинчен тата чăх-чĕпсене чир-чĕртен мĕнле сыхласси çинчен тунă докладсене итлерĕç. Юлашкинчен КПСС райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ Е. Мидаков юлташ сăмах тухса каларĕ. Вăл, улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче ялхуçалăх умне пысăк задачăсем кăларса тăратнине палăртса, семинарта пулнисене чăх-чĕп ĕрчетес тата унăн тухăçлăхне ӳстерес енĕпе тата ытларах тăрăшса ĕçлеме чĕнчĕ.

### МЕДАЛЬСЕМ ИЛЧĔÇ

Чкаловски районĕнчи икĕ шкул, виçĕ шкулти çамрăк натуралистсен кружокĕсемпе вĕсен руководителĕсем тата 33 çамрăк натуралист 1955 çулта Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкин участникĕсем пулнă. Нумаях пулмасть вĕсене выставка медалĕсемпе грамотисене панă.

**В. ВЛАДИМИРОВ.**

### ТУСЛĂ ÇЫХĂНУ

Элĕк районĕнчи Сурăмваррипчи пуçламăш шкул учителĕсем ачасен ашшĕ-амăшĕсемпе тачă çыхăну тытаççĕ. Хăшпĕр чухне ашшĕ-амăшĕсем уроксене те пырса итлеççĕ. Çавна пула вĕренӳре ĕлкĕрсе пырайманнисен хисепĕ, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, кăçал чылай чакнă. Çак кунсенче учительсемпе ашшĕ-амăшĕсен пĕрлехи пухăвĕ пулса иртрĕ.

**И. ИГНАТЬЕВ.**

## Малта пыракан дояркăсем

### 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1956 çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне сĕт суса илнĕ

(Юлашки. Пуçламăшĕ «Коммунизм ялавĕ» хаçатăн 19-мĕшпе 20-мĕш номерĕсенче).

| Дояркăсен хушамачĕсем | Колхоз е совхоз | Район | Кашни ĕнерен сĕт суса илнĕ (литрпа) |
|---|---|---|---|
| 198. А. В. Васильева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Çурачăк | 312 |
| 199. В. В. Васильева | Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Сĕрпӳ | 311 |
| 200. В. Ф. Федорова | «Коммунизм» колхоз | Сĕнтĕрвăрри | 311 |
| 201. Е. П. Столярова | Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 310 |
| 202. Р. Н. Архалькина | «Путь Ленина» колхоз | Хĕрлĕ Чутай | 310 |
| 203. В. И. Илларионова | Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | Сĕрпӳ | 309 |
| 204. М. Владимирова | «Путь Ленина» колхоз | Красноармейски | 308 |
| 205. Л. Т. Воронкова | «Родина» колхоз | Комсомольски | 307 |
| 206. А. М. Батманова | «Красная звезда» колхоз | Комсомольски | 307 |
| 207. А. Т. Голюнова | «Путь Ильича» колхоз | Улатăр | 306 |
| 208. З. П. Кудряшова | «Родина» колхоз | Етĕрне | 306 |
| 209. А. Н. Николаева | «Звезда» колхоз | Октябрьски | 306 |
| 210. Е. А. Чернова | «Красная поляна» колхоз | Первомайски | 306 |
| 211. З. И. Иванова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Çурачăк | 306 |
| 212. Н. А. Петрова | «Красная звезда» колхоз | Комсомольски | 305 |
| 213. М. И. Чернова | «Гигант» колхоз | Вăрнар | 305 |
| 214. А. Я. Юрина | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Пăрачкав | 305 |
| 215. А. А. Темнова | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | 304 |
| 216. М. О. Федорова | «Родина» колхоз | Комсомольски | 303 |
| 217. Е. К. Капитонова | Жданов ячĕпе тăракан колхоз | Вăрнар | 302 |
| 218. П. Г. Маланычева | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | Шупашкар | 302 |
| 219. А. И. Игнатьева | «Победа» колхоз | Çурачăк | 302 |
| 220. Е. К. Кузьмина | «Цивильстрой» колхоз | Сĕрпӳ | 301 |
| 221. Н. К. Кузьмина | «Звезда» колхоз | Октябрьски | 301 |
| 222. Г. Д. Демидова | «Звезда» колхоз | Октябрьски | 301 |
| 223. И. П. Петрова | «Красный фронтовик» колхоз | Йĕпреç | 301 |
| 224. Т. Ф. Табакова | «Путь Ленина» колхоз | Чкаловски | 300 |
| 225. Е. К. Сымова | «Красная поляна» колхоз | Первомайски | 300 |

## КĔСКЕН

**Шыв спортне юрататансен пухăвĕ.** ДОСААФ-ăн Шупашкарти тинĕс клубĕ шыв спортне юрататансен пухăвне ирттернĕ. Унта иртнĕ сезонти ăмăртусен итогĕсене пăхса тухнă тата клубăн кăçалхи ĕçĕсен планне сӳтсе явнă.

**Рабочисен клубĕнче.** Çак кунсенче Росглаввино совхозри рабочисен клубĕнче Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствинче ĕçлекен Громов юлташ «Сисĕмлĕ пулассине—совет çыннисен йăлана кĕнĕ законĕ» темăпа лекци вуланă. Унтан милици работникĕсен пултарулăх коллективĕн концерчĕ пулнă.

**Библиотека уçăлнă.** Ишлей районĕнчи «Красный плуг» колхозра нумаях та пулмасть библиотека уçăлнă. Библиотека валли 3 пин кĕнеке туянна, çитес вăхăтра татах 1.500 тенкĕлĕх кĕнеке илсе килме палăртнă.

**Виçĕ миллион тенкĕ ытла тӳленĕ.** Иртнĕ çул Сĕрпӳ районĕнче ĕççыннисене пенсипе пособи укçи 3 миллион та 853 пин тенкĕ тӳленĕ.

# Гаодибао çинчи çутă

Ку вăл Чжэн-цзян вуниккĕлĕкре чухне, ытла та шăрăх çанталăк пуçланиччен пĕр çулталлăк маларах, пулса иртнĕ. Картишĕнче вĕркĕчпе вĕртерсе вучах чĕртекен амăшĕ сасартăк хуллен кăшкăрса илнĕ те çĕр çине кукленсе ларнă. Чжэн-цзян ăна аран-аран çĕклесе сак çине вырттарнă. Çĕрле, кĕскен сывла-сывла илсе, амăшĕ çапла каланă:

— Ывăлăм... Темĕнле усал-тĕсел тытрĕ пулас мана... Пĕтĕм ӳт-пĕвĕме кăшлать... Диншэн патне кайса килесчĕ... Вăл, тен, пулăшĕ.

Чжэн-цзян лаша кӳлнĕ те амăшне юмăç патне лартса кайнă. Çăлтăрлă каç. Гаодибао ялĕнчи тăм çапса тунă картасем юмахри крепоçсен стенисем пек курăннă. Тӳпере куçа курăнман пĕлĕтсем шуса иртнĕ, урам тăрăх темĕнле мĕлкесем пĕр шавсăр чупнă пек туйăннă. Мĕн каласси пур ĕнтĕ! Усал сывлăшпа çыхăну тытакан çын патне çĕрлехи вăхăтра кайма чăнах та хăрушă, чун сӳсенет. Калас пулсан, сынах-ши вăл Диншэн? Унăн пӳрчĕ Гаодибао ялĕ хĕрринче аякра пĕрпĕччен курăнса ларнă.

Вĕсем пĕчĕк пӳрте пырса кĕнĕ. Пĕчĕк лампа çулăмĕ çутатакан стена çинче юмăç яма чĕрсе тунă йĕрсем курăннă. Юмăçăн вăрăм халачĕ çинче те çавнашкал эреш пулнă. Аллăка тĕлме-тĕлех Явоан сăнĕ курăннă. Çак усалăн силлее кусĕсемпе хыткан хулпуççийĕсем кил хуçине аса илтернĕ. Чирлĕ хĕрарăм çине куç айĕн пăхса илсе, Диншэн хăй валли ача илсе пынă риса лутра сĕтел çине силлесе купаланă. Рис çине вăл ырă шăршăллă виçĕ çурта тирсе лартнă. Вĕсен тĕтĕмĕ часах сарăлнă, тĕтĕм витĕр япаласен тĕсĕ тĕлĕнмелле улшăнса курăнма пуçланă.

— Эпĕ мĕн тăватăп, эсĕ те çавăн пек ту,—илтĕннĕ ачана юмăç сасси. Диншэн сарăхнă çинçе пӳрнипе усал сывлăш ӳкерчĕкĕ айне çаçса хунă, тусанланса хуралнă пир татăкĕ çине тĕллесе кăтартнă. —Ун çинче ответ курăнĕ.

Вĕсем чĕркуçленсе ларнă та пуççапма пуçланă. Питĕ нумайччен пынă вăл. Унтан юмăç кăкăрĕнчен сасартăк темĕнле хăйăлтатса шăхăракан сасă илтĕннĕ. Хăй вăл пĕр самантлăха кăн хытса тăнă, вара сивчир тытнă пек чĕтреме пуçланă. Таçтан унăн аллисене икĕ тĕрке хут пырса лекнĕ. Вĕсем темĕнле ăнланма йывăр сăмахсем çырса хунă «хуан-бао» хучĕсем—сарă хут тăрăхĕсем иккен. (Вĕсене асаттесен виллăприсем çинче парне укçипе пĕрле çунтарса яраççĕ). Çак самантрах Диншэн чирлĕ хĕрарăм пуçĕ тĕлĕнче çулăм явăнтарма пуçланă. Хут çунса пĕтнĕ хыççăн вăл унăн юлашкине ырă шăршăллă çуртасен кĕлĕпе хутăштарса вĕтетнĕ те çапла каланă:

— Çакна хĕрарăм хĕвел тухнă вăхăтра шывпа хутăштарса ĕçтĕр.

Анчах кĕл Чжэн-цзян амăшне çăлса хăварман. Ялти чирлĕ ытти нумай çынсене те çавăн пекех пулăшман вăл.

Çапла пулсан та Гаодибао çыннисем Диншэн пӳртне сӳреме пăрахман. Тĕрлĕ чирсем, тырă пулман çулсем пекех, нумай çынсен пурнăçне иле-иле кайнă, чĕрене сӳсентерсе хăратса тăнă. Хресчен леш тĕнчери вăйсенче, тĕшмĕш йăлисенче кăна çăлăнăç шыранă. Çав тĕшмĕшсене пула киревсĕр те сиенлĕ йăласем мĕн чухлĕ çуралман пулĕ!

«Ялта çуралакан кашни икĕ ачаран пĕри эрне тултариччченех «сылюфын»—«тăваттăмĕш е улттăмĕш кун чирĕ» текен чирпе асапланса вилнĕ. Амăшĕсем тин кăна çуралнă ачасен пӳрнисене йĕппе шăтарса юн кăларнă, улăм пуканене ача юнĕпе йĕпетнĕ те ял хыçне кайса пытарнă. Ачасен урисем çине вĕсем пĕчĕк çăраллăункăсем çакнă та уссине çăла пăрахнă. Анчах нимĕн те пулăшман, ачасем çав-савах вилнĕ.

Шăпах çав кунсенче эпи карчăк патне производствăлла кооператив председателĕ Мэй пырса кĕнĕ. Амбулатори çумĕнче акушерсен курсĕ уçăлать, тенĕ вăл. Ялти партгруппа Чжан кинемее, пуринчен те опытлăрах, пурте хисеплекен хĕрарăма, çавăнта вĕренме кайма ыйтать.

— Шутласа кăларнă та вара эсир!—тенĕ вăл председателе, нумай вăхăт пĕр сăмах та чĕнмесĕр ларнă хыççăн.—Вĕренме терĕ! Эпĕ утмăл улттăра вĕт ĕнтĕ. Çур ял халăхне çуралма пулăшнă эпĕ. Ăçта унта мана вĕренме? Çамрăксем кайччăр.

Анчах та темиçе кунтан вăл килĕшнĕ. Вĕренсе килнĕ çул вăл пилĕк хĕрарăма ача çуратма ăнăçлă пулăшнă. Каçхулĕм Чжан инке хĕрарăмсене хăй çĕнĕ вырăнта мĕн курни çинчен каласа пама юратнă, хăй те асăрхаман вăл, микробсем çинчен, дезинфекци çинчен, унччен хăй илтмен-пĕлмен ытти япаласем çинчен часчасах сăмах хускатнă. Вăл курсран илсе килнĕ пĕчĕк ещĕкри çутă инструментсене кăтартма, вĕсене хăй нумай çул хушши усă курнă чашăк катăкĕпе танлаштарса пăхма юратнă. Карчăк ĕмелсем илме е мĕн те пулин ыйтса пĕлме поселокри амбулаторие час-часах çӳреме пуçланă.

Тĕшмĕшсен тĕттĕмлĕхĕ вăл—чир-чĕр союзникĕ. Çак икĕ тăшмана хирĕç пĕр харăсах кĕрешме тивет. Чирсемпе те, тĕттĕмлĕхпе те кĕрешме çĕнĕ вăйсем ӳсеççĕ. Уездсемпе хуласенчи çĕр поликлиника, поселоксенчи виççĕр аллă амбулатори уçăлнă Шэньси провинцийĕнче. Медицина работникĕсен йышĕ вунă хут ӳснĕ.

Çуллахи пĕр пăчă каç Гаодибао çыннисем шкул умне пухăннă. Иртнĕ вăхăтра çак çурт çĕр турри чиркĕвĕ пулнă. Хресченсен çурчĕсем евĕрлех вăл—тăм çапса тунă стенасем, çулла марлĕ карса, хĕлле вара хут сыпăçтарса хуракан пĕчĕк чӳречесем. Ирхине унта ачасем пухăнаççĕ, каçхулĕм вара кивĕ чиркӳрен халăх шкулĕ пулса тăрать. Паян унта доклад туса параççĕ.

Председатель Мэй вулăсран пынă агротехникпа унăн помощникне кĕтсе илнĕ. Çамрăк помощникăн проекци хунарĕ пулнă. Тĕттĕмленсе çитнĕ хыççăн стена çине тăваткал çутă ӳксен, докладчик саранчана тата сиен кӳрекен ытти хурт-кăпшанкăна мĕнле пĕтересси çинчен сăмах пуçланă.

Çав кунсенче, çĕр мамăкĕ пулса çитнĕ вăхăтра, уйсенче «хĕрлĕ эрешмен» текен сăтăрçă ĕрчеме пуçланă. Çĕр мамăкне мĕнле çăлса хăвармалла-ха? Будда тĕнĕпе çыхăнса тăракан кивĕ йăласем тăрăх хресченĕн нимĕнле хурт-кăпшанкăна та вĕлерме юрамасть. Сăмахран, аллă çула çитнĕ Ли Цзянь-сянь, никама та итлемесĕр, кивçен укçа илнĕ те ырă шăршăллă çуртасем, усал-тĕселе кăмăл тума парне нухрачĕсем туяннă та хăйĕн участокĕ çинче ир пуçласа каçченех пуççапнă. Çĕр мамăкне çăлса хăварма кирлĕ чухне ĕнтĕ ялти партгруппа агротехника станцийĕнчен пулăшу ыйтма шут тытнă.

Доклад халăха килĕшнĕ. Тепĕр кунне ятарласа уйăрнă бригада, лектор ертсе пынипе, çĕр мамăк речĕсем тăрăх çӳренĕ, калча тăррисене табак çулçи шывĕ ăнпе чике-чике кăларнă. Вара çĕр мамăк курланкисем уçăлнă.

Китай хресченĕ çутçанталăк вăйĕсем инкек кӳрессинчен хăраса пурăннă. Пĕлĕт вăйне хирĕç этем нимĕн тума та пултараймасть, тесе шутланă вăл.

Акă кăçал каллех ĕнтĕ ял тăрăх: «Пĕлĕт памасан—çăвара пĕр тĕпренчĕк те лекес çук», текен сăмах хура çĕлен пек шăвăнса çӳренĕ. Çак шухăш-кăмăла татăклăнах пĕтермелле, çынсене уяр çанталăка хирĕç кĕрешме çĕклемелле пулнă. Коммунистсем, çамрăксем çăл чаваках ушкăнсене ертсе пынă. Чылай чухне вĕсен ĕçĕ ăнăçлă пулайман: Шэньси провинцийĕнче çĕр айĕнчи шыв ытла та тарăнра. Ун пек чухне вара иккĕленекенсем хушшинче каллех пĕлĕт вăйĕ çинчен çĕнĕ калаçусем пуçланнă.

Уйсенче шывшăн кĕрешӳ пынă çав кунсенчен пĕринче Гаодибао урамĕсене ватă çынсем тухса тулнă. Вĕсем алла хăва турачĕсем тытса урам тăрăх ушкăнпа иртсе пынине ачасем тĕлĕнсе пăхнă. Ватă çынсем пурте çара уран, пилĕк таран çаппаçарамас пулнă. Ку вара çапла ӳкĕтленине: курсам, пĕлĕт, эпир çумăртан хăрамастпăр, ăна кĕтетпĕр, тенине пĕлтернĕ. Пĕри пушă кăкшăмлă корзинка йăтса пынă. Ватăсен ушкăнĕ ялтан хуллен утса тухнă та пысăк мар, анчах та питĕ тарăн, йĕри-тавра симĕс хăва ӳсекен пĕве патнелле çул тытнă. Ăна таса кӳлĕ тесе шутланă, мĕншĕн тесен вăл нихçан та типмен. Унта кăкшăма шыв тултарса, старики сем яла таврăннă та, çав кăкшăм патĕнче ырă шăршлă çуртасем çутса, вĕсене нумайччен çунтарнă.

Çав вăхăтра ыттисемпе пĕрле уйра ĕçленĕ Мэй председатель патне Чжан Юй-лань хашкаса чупса çитнĕ. Ун чухне вăл кооперативра хĕрарăмсен бригадин руководителĕ пулнă.

— Акă тата истори!—тенĕ вăл, кĕçвĕçех кулса ямасăр. —Ман пата старики сем пычĕç те: пирĕн пата çичĕ хĕрача пычăр-ха, кĕлтуса çитерес пулать, теççĕ.

Çумăршăн кĕлтумалли йĕрке тăрăх, çăл патĕнчи арăслан кĕлетки çине çичĕ хĕрача кăкшăмсенчен шыв сапса, çапла юрласа тăмалла:

Тăван арăсланăм! Çĕр типрĕ йăлтах.
Куççулĕ кăна йĕпетет халь ăна.
Никам та, никам та çак йывăр çулта
Качча илес çук пирĕн пек тăлăха.
Шывпа шăваратпăр сана; арăслан;
Çав шыв вара антăр ăш çумăр пулса.

— Чимĕр-ха, тăванăмсем! Айтăр-ха арăслана хамăр чавса кăларнă çăл шывĕпе йĕпетер,—тенĕ шӳт туса пĕри.

Çав вăхăт тĕлне Гаодибао патĕнчи уйсенче 22 çăл чавнă пулнă. Вĕсенчен пĕри арăслан кĕлеткинчен инçех те пулман. Ирхине вара пурте ял хĕррине тухма васканă. Шыв хаваслăн шăнкăртатса юхнине курсан, çынсен пичĕсем çинче вĕсем хаваслăнса савăнни палăрнă. Çăл йĕри-тавра ашак утнă, шыв уçласа хăпартакан кустăрма çăмăллăн çаврăннă. Уяври пек капăр тумланнă çичĕ хĕрача вара чул арăслан патĕнче кăкшăмсем тытса тăнă, канав тăрăх уялла юхакан шыва ăсса илсе, ăна арăслан кĕлетки çине юрла-юрла юхтарнă. Темиçе кунтан вара ытти çăлсем çинче те шыв уçласа кăларакан кустăрмасем çаврăнма пуçланă. Нумай вăхăт кĕтнĕ шыв типĕ çĕре шăварнă. Çутçанталăкран кĕлтуса мар, кĕрешсе çĕнсе илнĕ шыв пулнă вăл.

Наукăлла мировоззрени çути Китай хресченĕн ăс-тăнне ытларах та ытларах çутатать. Ку тĕлĕшпе Шэньсире пĕтĕм Китайри наукăпа техника пĕлĕвĕсем саракан обществăн провинцири уйрăмĕ нумай ĕçлет, пысăк ĕççем тăвать. Вăл ялта ĕçлекен учительсен, врачсен пысăк йышлă активĕпе тачă çыхăнса тăрать. Общество хресчен хаçатне, уездсенчи культура çурчĕсене (Шэньсире вĕсем çĕр ытла) культурăпа çутĕç пропаганди валли кирлĕ материалсем парса тăрать. Иртнĕ çул вăл тĕнче мĕнле йĕркеленсе тăни çинчен, амăшĕпе ача гигиени çинчен, ялхуçалăхне сиен тăвакан хурт-кăпшанкăпа мĕнле кĕрешмелли çинчен каласа паракан фотовыставкăсем пĕр пине яхăн организациленĕ, вĕсене ялсем тăрăх кăтартса çӳренĕ. Лекторсен икĕ пин ытла ушкăнĕ, вăтăр тăватă кинопередвижка ятаçа-яла çӳреççĕ.

...Хĕвелтухăç хĕрелет, хĕвел тухать.

Çак юрă таçта çакăнта, революци пуçланнă Янань çывăхĕнче, çуралнă. Халĕ вăл пĕтĕм Китай тăрăх янраса шăрапать. Гаодибао çине, Китайри пиншер ялсем çине хĕвел хăпарать. Вăл мĕн терĕ вăйлăрах çутатать, тĕттĕмлĕхĕн çавăн чухлĕ чакма тивет. Тĕттĕмлĕх мĕлкисем халăхе хăшпĕр кĕтессенче пытанса тăраççĕ пулин те, вĕсем çĕнтерсе пыракан çутă çулне пӳлсе лартма пултараймаççĕ.

**В. ОВЧИННИКОВ.**

Шэньси провинцийĕ,
Китай Халăх Республики.

## Политикăлла Консультаци Комитечĕн ларăвĕн иккĕмĕш кунĕ çинчен ПĔЛТЕРНИ

Январĕн 28-мĕшĕнче Прагăра Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсен Политикăлла Консультаци Комитечĕн иккĕмĕш ларăвĕ пулнă.

Ларура Варшавăра тунă договортан тухса тăракан ыйтусене тата пĕрле тумалли ĕçсене маллалла сӳтсе явнă. Иккĕмĕш ларура СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов юлташ, Чехословаки Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. Давид юлташ тухса каланă. Çавăн пекех ларăва Китай Халăх Республикинчен сăнавçă пулса хутшăннă Не Жун-чжэнь маршал—Государствăн оборона комитечĕн председателĕн заместителĕ тухса каланă.

Ларура Албани Халăх Республикин, Чехословаки Республикин тата Совет Союзĕн представителĕсем Деклараци йышăнма сĕннĕ. Пĕр-пĕрнипе туслă пурăнасси, тачă çыхăнса ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсен Декларацине пĕр кăмăллă пулса йышăннă. Деклараци çине паян 19.00 сехетре Прагăра, Вальдштейн дворецĕнче, алă пусаççĕ.

Çавăн пекех политикăлла консультаци комитечĕн ларăвĕсем çинчен юлашкинчен çырса хатĕрленĕ коммюникене пичетлесе кăларма йышăннă.

## В. М. Молотовпа Г. К. Жуков Прагăран тухса килни

ПРАГА, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС спецкорĕ). Паян СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотовпа СССР Оборона Министрĕ Совет Союзĕн Маршалĕ Г. К. Жуков Прагăран самолетпа вĕçсе тухнă. Унта вĕсем Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсен Политикăлла Консультаци Комитечĕн ларăвне хутшăннă.

Руза аэродромĕнче В. М. Молотовпа Г. К. Жукова Чехословаки Республики правительствин председателĕ В. Широкий, Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ А. Новотный, Чехословаки Республики правительствин председателĕн пĕрремĕш заместителĕ тата Наци оборонин министрĕ А. Чепичка, Чехословакин Наци пухăвĕн председателĕ З. Фирлингер тата партипе Чехословаки правительствин ытти руководителĕсем ăсатса янă.

В. М. Молотовпа Г. К. Жукова çавăн пекех ССР Союзĕн Чехословакири Посолĕ И. Т. Гришин, Варшавăра тунă договора хутшăннă государствăсен пĕрлештернĕ хĕçпăшаллă вăйĕсен Главнокомандующийĕ Совет Союзĕн Маршалĕ И. С. Конев, арми генералĕ А. И. Антонов, ССР Союзĕн Чехословакири посольствин сотрудникĕсем, пичет представителĕсем ăсатса янă.

Аэродромра хисеплĕ хурал тăратнă. ССР Союзĕпе Чехословакин государство гимнĕсене каланă.

## *СССР представителĕсем Политикăлла Консультаци Комитечĕн Прагăра пулнă ларăвĕнчен таврăнни*

Январĕн 29-мĕшĕнче Совет Союзĕн представителĕсем: СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов, СССР Оборона Министрĕ Совет Союзĕн Маршалĕ Г. К. Жуков, çавăн пекех вĕсемпе пĕрле кайнă çынсем Прагăран Мускава таврăннă. Унта вĕсем пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси, тачă çыхăнса ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен Варшавăра алă пуснă договор тăрăх туса хунă Политикăлла Консультаци Комитечĕн ларăвĕнче пулнă.

## Атом энергийĕпе мирлĕ тĕллевсене пурнăçлама усă курас тĕлĕшпе пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлесси çинчен Совет Союзĕпе Югослави тунă килĕшӳ çине алă пусни çинчен ПĔЛТЕРНИ

БЕЛГРАД, январĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). 1956 çулхи январĕн 28-мĕшĕнче Белградра атом энергийĕпе мирлĕ тĕллевсене пурнăçлама усă курас тĕлĕшпе пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлесси çинчен Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕпе Федеративлă Югослави Халăх Республики хушшинче тунă килĕшӳ çине алă пуснă. Килĕшӳ çине çаксем алă пуснă: ССР Союзĕн Правительстви хушнипе—ССР Союзĕн Федеративлă Югославири Халăх Республикинчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Н. П. Фирюбин, Федеративлă Югослави Халăх Республикин Правительстви хушнипе—Федеративлă Югослави Халăх Республикин Союзлă исполнительнăй вечин председателĕн заместителĕ тата Атом энергийĕ енĕпе ĕçлекен союзлă комисси председателĕ Александр Ранкович.

Килĕшӳре атом энергийĕ енĕпе пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлеме, пĕр-пĕрин опычĕпе паллаштарма, çавăн пекех Югославире атом реакторĕ тума палăртнă. Реактор проектне хатĕрлеме тата реактор тума Совет Союзĕ Югославие наука тата техника тĕлĕшĕнчен пулăшу парать. Реактор мĕнлерех пулмалли çинчен Югослави сĕннĕ программа никĕсĕ çинче калаçса татăлнă. Совет Союзĕ Югославие реактор валли ăна татти-сыпписĕр ĕçлеттерме кирлĕ оборудовани тата ядернăй горючи илсе тăма май парать. Килĕшӳ тăрăх паракан ядернăй горючи Югослави харпăрлăхĕ пулса тăрать, материалсемпе ядернăй горючи хакĕсене вара тĕнчери рынокри хаксемпе килĕштересе тăваççĕ.

Çак килĕшӳсĕр пуçне тата хушса çыракан протоколсем çине алă пусаççĕ. Ку протоколсенче техникăпа коммерци тĕлĕшĕнчи ĕçсене тĕплĕн палăртса хураççĕ.

Çак килĕшӳ икĕ çĕршыв хушшинче экономика тата наукăпа техника тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлесси çинчен Мускавра 1955 çулхи сентябрĕн 1-мĕшĕнче йышăннă протоколта палăртса хунă килĕшӳсен шутне кĕрет.

## Совет Союзĕпе Норвеги хушшинчи çыхăнусем

ОСЛО, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). 1955 çулхи ноябрь уйăхĕнче Норвеги премьер-министрĕ Эйнар Герхардсен Совет Союзĕпе килсе кайнă хыççăн, Совет Союзĕпе Норвеги Мускавра пĕрле йышăнса алă пуснă коммюникепе килĕшӳллĕн, ССР Союзĕпе Норвеги хушшинче экономикăпа культура тĕлĕшĕнчи çыхăнусем вăйланса пыраççĕ. Хальхи вăхăтра атом энергийĕ тĕлĕшпе тĕпчев ĕçĕсем тăвакан совет ученăйĕсен делегацийĕ Норвегире хăналанать. Январь уйăхĕн пуçламăшĕнче Норвеги правительстви чĕннипе Норвеги пулă промысли енĕпе ĕçлекен совет специалисчĕсен делегацийĕ каять. «Известия» хаçат чĕннипе кăçалхи çуркунне Норвеги пичечĕн тĕрлĕ органĕсен представителĕсем ССР Союзне килсе кураççĕ. Çывăх вăхăтра Осло хулинче Норвегипе СССР чиккинчи Пасвикальв юханшывĕн ресурсĕсемпе усă курмалли правасене тĕрĕсрех валеçесси çинчен тата Баренц тинĕсĕнче хĕнхура лекекен судносене çăлса хăварас тĕлĕшпе тумалли ĕçсем çинчен тăракан ыйтусем тĕлĕшпе ĕçлекен совет эксперчĕсемпе Норвеги эксперчĕсем хушшинче калаçусем пуçланаççĕ.

Норвегипе ССР Союзĕ хушшинче пĕр-пĕрин патне студентсем ярас ĕç йĕркеленсе пырать. Профсоюзсен, çамрăксен тата спортсменсен организацийĕсем пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлессине вăйлатма, çавăн пекех пĕр-пĕрин патне искусство деятелĕсене яма палăртаççĕ.

## Совет Союзĕпе Афганистан хушшинче тунă килĕшӳ çине алă пуснă

КАБУЛ, январĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Кабул хулинче, финанс министерствин çуртĕнче, СССР правительстви Афганистана вăрăм сроклăха кивçен укçа парасси çинчен тунă килĕшӳ çине алă пуснă.

Совет Союзĕ енчен килĕшӳ çине ССР Союзĕн Афганистанри посолĕ М. В. Дегтярь, Афганистан енчен—Афганистанăн финанс министрĕ Абдул Малек алă пуснă.

Килĕшӳ çине алă пуснă хыççăн М. В. Дегтярь тата Абдул Малек сăмахсем тухса каланă, маларах асăннă килĕшӳ Афганистан экономикине аталантарас, ССР Союзĕпе Афганистан хушшинчи ырă кӳршĕлле туслă хутшăнусене çирĕплетес ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртнă.

## Турци çар пакчĕсене хутшăнни ăна ăçталла илсе пырать

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, США президенчĕн тулашри экономика политики енĕпе ĕçлекен советникĕ Рэндолл Турцие кайнă.

«Нью-Йорк таймс» хаçатăн Вашингтонри корреспонденчĕ хăйĕн пĕлтерĕвĕнче Рэндолл Турцие кайнине Турцин экономика тĕлĕшĕнчи лару-тăрăвĕ начарланнипе çыхăнтарать. Турцире «хаксем пĕрмаях ӳссе пыраççĕ, халăха кирлĕ япаласем çитменни вăйлăрах та вăйлăрах сисĕнет», тесе çырать корреспондент.

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Рэндолл Турцие тухса каяс умĕн çакна йышăннă: США союзникĕ пулса тăракан Турци çар енĕпе тăвакан ĕçсене пула экономика тĕлĕшĕнчен пысăк йывăрлăхсем тӳсет, тенĕ.

Хаçатсем Пĕрлешӳллĕ Штатсен представительсен палатин Турцие пырса кайнă «тĕпчев комиссийĕн» доклачĕ çинчен аса илтереççĕ. Турцире, Çурçĕр Атлантика блокĕнчи ытти çĕршывсенчипе танлаштарсан, тенĕ çав докладра, нумай пысăкрах йышлă çар тытса тăраççĕ, хăйсен бюджечĕн нумай пысăкрах пайне çар тĕллевĕсем валли уйăрса параççĕ. Доклад авторĕсем çакна палăртнă: комисси ĕçленĕ вăхăтра Турцире «хаксем куллен-кун ӳссе пынă. Халăх массисем хăйсем илекен ĕç укçине куллен кирлĕ япаласем сахалтарах та сахалтарах туянни палăрнă».

Америкăри хаçатсенче каланă тăрăх, Рэндолл Турцие «экономика тĕлĕшне пысăк пулăшу памалли» плансем илсе пырать имĕш. Çакна май Америкăри хаçатсемпе журналсем Турцири хаçатсенчен илнĕ хыпарсене пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă: Рэндолл Турцие пĕрремĕш хут мар каять, вăл унта пĕрремĕш хут пынă чухне «пулăшу» пама пулнă, анчах Рэндолл тухса кайнă хыççăн Турцин экономика тĕлĕшĕнчи лару-тăрăвĕ лайăхланман, тата ытларах начарланнă.

«Тайм» журнал çапла ăнлантарса парать: Пĕрлешӳллĕ Штатсем Турцие паллă условисем тăрăх кăна «пулăшаççĕ». Турцие хăйĕн промышленноçне аталантармалли плансене пăрахăçлама, Пĕрлешӳллĕ Штатсем кирлĕ тесе шутлакан отрасльсене çеç аталантарма хушаççĕ. Хăшпĕр обозревательсем çапла шутлаççĕ: Рэндолл Турцие пыни вăл Турци правительствине çĕнĕрен хĕсме хăтлани кăна пулать, теççĕ.

## Багдадра тунă пакт—араб халăхĕсемшĕн тĕрме

КАИР, январĕн 28-мĕшĕ. (ТАСС). Египетри МЕН агентствин корреспонденчĕпе калаçнă чухне премьер-министр Насер çапла каланă: «Багдадра тунă пакт вăл мĕнпур араб халăхĕсемшĕн пысăк тĕрме пулса тăрать». Иртнĕ вăхăтра, тенĕ вăл, империалистсем, влияни зонисем туса, çĕршывсене халăхсен тĕрмисем туса хунă, хăйсен влаçне вĕсем оккупаци çарĕсем пулăшнипе тытса тăнă. «Халĕ ĕнтĕ çак тĕрмесем пактсемпе союзсен формине йышăнаççĕ. Багдадра тунă пакт çавăн пек тĕрмесенчен пĕри пулса тăрать».

Насер Багдадра алă пуснă пакта туса хунин историйĕ çинчен, арабсен мĕнпур çĕршывĕсене çак пакта кĕртме тăрăшни çинчен аса илтернĕ. «Анчах та араб халăхĕсем,—тенĕ вăл,—ку пакт колониализмăн пысăк тĕрми пулса тăнине ăнланса илчĕç, унта хăйсен ирĕкĕпе кĕме килĕшмерĕç». Вара империалистсем илĕртме тата юнама тытăнчĕç. «Анчах вĕсене ылтăн та, хĕç те пулăшаймарĕ. Арабсем ылтăн хыççăн каймарĕç, юнанисене сирсе ячĕç».

«1955 çулхи декабрь уйăхĕнче,—тенĕ малалла премьер-министр,—Багдадра тунă пактăн организаторĕсем, Иордание çав пакта кĕртес тесе, хăйсен пĕтĕм вăйне мобилизацилерĕç. Вĕсем хăйсен тĕллевĕ пурнăçланассине шанса тăнă. Анчах ун пек пулмарĕ. Иордани халăхĕ хирĕç тăчĕ, çак пысăк тĕрмене кĕме килĕшмерĕ.

### ИРАНРА ХАКСЕМ ӲССЕ ПЫРАÇÇĔ

ТЕГЕРАН, январĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Иранра хаксем ӳссе пынă пирки «Ханданиха» журнал çапла çырать: «Иранăн национальнăй банкĕ пичетлесе кăларнă юлашки сведенисем кăтартса панă тăрăх, 1955 çулта горючи хакĕ, 1936 çулхипе танлаштарсан, 5 хут ӳснĕ, тумтир хакĕ—9 хут, апат-çимĕç хакĕ—11 хут, хваттер тӳлевĕ—26 хут. Пĕтĕмĕшле илсен, кулленхи пурнăçра пулакан расходсем 11 хут ӳснĕ».

## Музыка шкулĕнче



*Кăçал Шупашкарта музыка енĕпе пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан тăватă çул вĕренмелли шкул ĕçлеме пуçларĕ. Производствăра е учреждени ре ĕçленĕ хушăрах çак шкулта фортепиано, баян, аккордеон, юрă тата оркестр енĕпе музыкантсем пулма вĕренеççĕ. Кунпа пĕрлех çак шкула занятие çӳрени çамрăксене музыка училищине кĕме хатĕрленме пулăшмалла.*

*Шкула 50 çынна вĕренме илнĕ. Унта кăнисем хушшинче рабочисемпе служащисем те, институтсемпе техникумсенче вĕренекенсем те, килхуçи хĕрарăмĕсем те пур. Акă, 9-мĕш шкулти учительница К. Тимофеева, электроаппаратура заводĕнчи слесарь Н. Агеева, врач З. Ковшова, ялхуçалăх институчĕн студентки Н. Шалагина тата ыттисем те фортепиано енĕпе вĕренеççĕ. Ликерпа эрех заводĕнче ĕçлекен Л. Павлова, «Металлист» артельти механически цех мастерĕ В. Егоров, 1-мĕш номерлĕ типографире ĕçлекен Сандомиров тата ытти юлташсем—пурĕ 23 çын баянпа выляма вĕренеççĕ.*

*Кашни вырсарникунах виçĕ сехет хушши тата ытти хăшпĕр кунсенче каçхи сехетсенче музыка шкулĕнче занятисем пулса иртеççĕ. Музыка ĕçне кунта музыка училищинчи преподавательсемпе композиторсем вĕрентеççĕ.*

*УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ (сулахайран сылтăмалла): электромеханически техникумра вĕренекен студентка Р. Горбунова, çамрăк композитор И. Степанов, чăлха фабрикинчи техник-механиксем Л. Чудненко тата М. Исаева юлташсем занятире.*

*Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.*

## Профсоюз паракан путевкăсемпе

Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн облаçри комитечĕ иртнĕ икĕ çул хушшинче профсоюз членĕсене кану çуртĕсенче канма 466 путевка, санаторисемпе курортсене кайма—186 путевка панă. Кану çурчĕсемпе санаторисенче пулнисем çурри ытла—рабочисем.

Нумаях та пулмасть Шупашкарти макарон фабрикинче охранникре ĕçлекен Романов юлташ «Сережа» санаторирен таврăнчĕ. Унта вăл икĕ уйăх хушши сывалса пурăннă. Вăл 1954 çулта та унта кайма путевка илнĕ. Шупашкарти 2-мĕш çăкăр заводĕнчи работница Калинкина юлташ та иртнĕ икĕ çул хушшинче санаторие икĕ хут кайса килнĕ. Шупашкарти механизациленĕ арманта конюхра ĕçлекен Петров юлташа Мускав çывăхĕнчи пĕр санаторие виçĕ уйăх хушши сывалса пурăнма тӳлевсĕр путевка панă. «Заготскот» кантурĕн Комсомольскинчи выльăх-чĕрлĕх йышăнакан пунктĕнче ĕçлекен Ахтиряков юлташ 1954—1955 çулсенче профсоюз панă путевкăсемпе пурĕ 3,5 уйăх хушши санаторире пулнă.

### ШАХМАТ ЕНĔПЕ РСФСР-та МАЛА ТУХМАЛЛИ ЗОНАРИ АМĂРТУ

РСФСР-та мала тухмалли зонăри ăмăртăва хутшăнма тепĕр шахматист — Горький хулинчи пĕрремĕш разрядри Кубарев шахматист килсе çитрĕ. Çапла ĕнтĕ ку зонăра халĕ 16 шахматист вылять. Январĕн 28-мĕшĕнче малтанхи турсенчен юлнă партисене выляса пĕтерчĕç. Горький облаçĕн представителĕ Алешинпа Кубарев партийĕ нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ. Мастер кандидачĕ Радченко Чăваш АССР представителĕпе пĕрремĕш разрядри шахматистпа Чугуновпа вылянă çĕрте поражени тӳсрĕ. Козлов Дамские çĕнтерчĕ.

Никитинпа Сергиевский тепĕр чухне выляса пĕтерме хăварнă партире Никитинăн çĕнтерме май пурри çинчен пĕлтернĕччĕ эпир. Анчах та Никитин выляса илме май пур, каярахпа партие нихăшĕ те çĕнтерейменнипе пĕтерме май пур партие, тĕрĕс мар çӳресе, выляса ячĕ. Мастер кандидачĕ Новопашин, 90 хут çӳренĕ хыççăн, мастер кандидатне Хавские çĕнтерчĕ.

Иртнĕ вырсарникун виççĕмĕш тур пулчĕ. Новопашинпа Кубарев партийĕ нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ. Алешин, хăйĕн ферзине икĕ фигурăшăн парса, Чугуновăн королĕ çине тапăнса пыма тытăнчĕ. Чугуновăн ирĕкеерех фигурăсене выляса яма тиврĕ, унтан вăл хăй парăнни çинчен пĕлтерчĕ. Волошин Радченкăна, Мари АССРĕн чемпионĕ Гизатуллин Чăваш АССР чемпионне Никитина, мастер кандидачĕ Сергиевский—Алексеева выляса ячĕç. Шупашкар хулинчи çамрăк шахматист Игумнов мастер кандидачĕпе Хавскипе тĕлпулса вылярĕ. Тепĕр чухне выляса пĕтерме хăварнă партире Игумновăн опытлă шахматиста çĕнтерме май пур. Çавăн пекех Петровпа Дамский тата Козловпа Стрекаловский партийĕсене те тепĕр чухне выляса пĕтермелле турĕ.

Виçĕ тур хыççăн Горький облаçĕн представителĕ Алешин малта пырать. Вăл виçĕ вăййă хыççăн 2,5 очко пухнă.

**Редактор заместителĕ П. Н. НИКОЛАЕВ.**

### Театр

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ январĕн 31-мĕшĕнче — чăвашла спектакль «Асран кайми кунсем», февралĕн 1-мĕшĕнче—чăвашла спектакль «Мещенсем». Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

### СССР ХАЛĂХ ХУÇАЛĂХНЕ ЮСАСА АТАЛАНТАРМАЛЛИ ИККĔМĔШ ГОСУДАРСТВО ЗАЕМĔ

17-мĕш выляври тухнă облигацисене тĕрĕслемелли

ТАБЛИЦА

Выляв тиражĕ 1956 çулхи январĕн 22-мĕшĕнче Ашхабад хулинче пулнă.

Заемăн мĕнпур разрячĕсенчи серисемпе облигацисен çак номерĕсем çине выигрыш тухнă:

| Сери № | Облигаци №№ | Мисе тенкĕ | Сери № | Облигаци №№ | Мисе тенкĕ | Сери № | Облигаци №№ | Мисе тенкĕ | Сери № | Облигаци №№ | Мисе тенкĕ |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| 020082 | 11*) | 1.000 | 025623 | 46*) | 1.000 | 029296 | 24*) | 10.000 | 034745 | 1—50 | 500 |
| 020106 | 44*) | 5.000 | 025637 | 04*) | 5.000 | 029316 | 1—50 | 200 | 035063 | 45*) | 1.000 |
| 020109 | 1—50 | 500 | 025662 | 21*) | 1.000 | 029381 | 16*) | 1.000 | 035167 | 1—50 | 200 |
| 020134 | 43*) | 1.000 | 025665 | 25*) | 1.000 | 029808 | 46*) | 1.000 | 035481 | 45*) | 1.000 |
| 020200 | 1—50 | 500 | 025776 | 1—50 | 500 | 029845 | 48*) | 1.000 | 035490 | 10*) | 1.000 |
| 020741 | 07*) | 1.000 | 025782 | 41*) | 1.000 | 029963 | 01*) | 1.000 | 035556 | 20*) | 1.000 |
| 020915 | 19*) | 1.000 | 025789 | 18*) | 1.000 | 030300 | 25*) | 1.000 | 035591 | 1—50 | 200 |
| 021040 | 22*) | 1.000 | 025868 | 07*) | 25.000 | 030315 | 17*) | 1.000 | 035752 | 36*) | 1.000 |
| 021063 | 1—50 | 500 | 025957 | 1—50 | 200 | 030317 | 34*) | 1.000 | 036046 | 26*) | 5.000 |
| 021137 | 1—50 | 200 | 026121 | 1—50 | 500 | 030571 | 1—50 | 200 | 036109 | 1—50 | 500 |
| 021369 | 37*) | 1.000 | 026127 | 1—50 | 200 | 030587 | 24*) | 1.000 | 036230 | 03*) | 1.000 |
| 021480 | 44*) | 1.000 | 026596 | 1—50 | 200 | 030637 | 1—50 | 200 | 036364 | 1—50 | 200 |
| 021565 | 20*) | 1.000 | 026646 | 16*) | 1.000 | 030688 | 04*) | 1.000 | 036509 | 14*) | 1.000 |
| 021686 | 1—50 | 500 | 026689 | 14*) | 1.000 | 030768 | 40*) | 1.000 | 036510 | 1—50 | 200 |
| 021695 | 24*) | 1.000 | 027052 | 27*) | 50.000 | 030912 | 42*) | 1.000 | 037013 | 12*) | 1.000 |
| 022204 | 31*) | 1.000 | 027085 | 10*) | 1.000 | 031105 | 16*) | 1.000 | 037115 | 20*) | 1.000 |
| 022226 | 40*) | 1.000 | 027476 | 30*) | 1.000 | 031156 | 49*) | 1.000 | 037122 | 41*) | 10.000 |
| 022768 | 21*) | 1.000 | 027565 | 02*) | 1.000 | 031254 | 12*) | 1.000 | 037242 | 1—50 | 200 |
| 022897 | 38*) | 1.000 | 027619 | 17*) | 1.000 | 031299 | 27*) | 1.000 | 037398 | 18*) | 1.000 |
| 022934 | 10*) | 1.000 | 027652 | 10*) | 1.000 | 031346 | 14*) | 1.000 | 037434 | 33*) | 1.000 |
| 022990 | 15*) | 1.000 | 027657 | 12*) | 1.000 | 031362 | 1—50 | 200 | 037453 | 03*) | 1.000 |
| 023116 | 1—50 | 500 | 027717 | 1—50 | 500 | 031512 | 36*) | 5.000 | 037717 | 09*) | 5.000 |
| 023166 | 36*) | 1.000 | 027733 | 43*) | 1.000 | 031692 | 1—50 | 200 | 037788 | 1—50 | 200 |
| 023317 | 31*) | 25.000 | 027749 | 1—50 | 200 | 031859 | 1—50 | 500 | 037923 | 1—50 | 200 |
| 023331 | 11*) | 1.000 | 027784 | 1—25 | 200 | 032103 | 50*) | 1.000 | 038081 | 42*) | 1.000 |
| 023447 | 21*) | 1.000 | 028113 | 1—50 | 200 | 032115 | 48*) | 1.000 | 038283 | 1—50 | 500 |
| 023520 | 37*) | 10.000 | 028228 | 35*) | 1.000 | 032200 | 13*) | 1.000 | 038333 | 06*) | 1.000 |
| 023682 | 1—50 | 200 | 028253 | 43*) | 1.000 | 032521 | 38*) | 1.000 | 038368 | 16*) | 1.000 |
| 023882 | 38*) | 5.000 | 028279 | 37*) | 10.000 | 032710 | 1—50 | 200 | 038607 | 38*) | 1.000 |
| 024619 | 1—50 | 200 | 028452 | 10*) | 1.000 | 032765 | 18*) | 5.000 | 038752 | 35*) | 10.000 |
| 024620 | 39*) | 1.000 | 028561 | 1—50 | 500 | 032783 | 38*) | 1.000 | 038997 | 1—50 | 200 |
| 024640 | 06*) | 1.000 | 028618 | 39*) | 1.000 | 033224 | 24*) | 1.000 | 039035 | 07*) | 1.000 |
| 024755 | 1—50 | 500 | 028765 | 44*) | 1.000 | 033292 | 05*) | 5.000 | 039103 | 28*) | 1.000 |
| 024792 | 22*) | 1.000 | 028770 | 24*) | 1.000 | 033324 | 1—50 | 200 | 039117 | 42*) | 1.000 |
| 024903 | 1—50 | 500 | 028820 | 1—50 | 200 | 033528 | 44*) | 5.000 | 039135 | 03*) | 1.000 |
| 025027 | 1—50 | 200 | 028878 | 1—50 | 500 | 033583 | 1—50 | 500 | 039236 | 04*) | 1.000 |
| 025124 | 26*) | 1.000 | 029041 | 05*) | 1.000 | 033764 | 1—50 | 500 | 039340 | 50*) | 1.000 |
| 025128 | 35*) | 1.000 | 029056 | 19*) | 1.000 | 033878 | 38*) | 5.000 | 039571 | 37*) | 1.000 |
| 025212 | 1—50 | 200 | 029106 | 02*) | 1.000 | 033942 | 30*) | 1.000 | 039573 | 1—50 | 200 |
| 025224 | 28*) | 1.000 | 029132 | 1—50 | 200 | 033947 | 12*) | 1.000 | 039805 | 24*) | 1.000 |
| 025317 | 1—50 | 500 | 029229 | 33*) | 1.000 | 034395 | 13*) | 1.000 | 039855 | 1—50 | 200 |
| 025558 | 24*) | 1.000 | 029230 | 22*) | 1.000 | 034515 | 32*) | 1.000 | 039904 | 1—50 | 500 |

*) Çак серие кĕрекен облигацисен ытти 49 номерĕ 200-шер тенкĕ выляса илнĕ.
Таблицăри çĕр тенкĕлĕх облигаци çине тухнă выигрыша кăтартнă.
Выигрыш суммине облигаци хакĕ те кĕрет.

**ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.**

Зоотехник канашĕ

## Чăхсене хĕлле мĕнле майсемпе çăмарта ытларах тутарма пулать

Чăхсен çăмарта ытларах тăвасси вĕсене хĕлле лайăх пăхса усранинчен килет. Пирĕн вырăнта хĕл 5—6 уйăх хушши тăрать. Фермăри ĕçсене кирлĕ пек тунасан, чăхсем сивве начар тӳссе ирттереççĕ. Хĕлле начарланнă чăхсем çуркунне май уйăхĕнче тин çăмарта тума тытăнаççĕ, çуллахи шăрăх кунсенче çăмарта тума пăрахаççĕ. Çавăнпа та чăхсене хĕл каçарас ĕçе тивĕçлипе йĕркелемен колхозсенче кашни чăхран çулталăкра 30—40 çăмарта кăна пухса илеççĕ.

Зоотехника науки тата малта пыракансен опычĕ çакна лайăх кăтартса пачĕç: кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра пĕр чарăнмасăр çăмарта тусан кăна кашни чăхран çулталăкра 110—120 çăмарта илме пулать. Калинино районĕнчи «Правда», Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан, Етĕрне районĕнчи Хрущев ячĕпе тата Буденный ячĕпе тăракан колхозсем юлашки çулсенче кашни чăхран 100-шер çăмарта ытла илеççĕ, вăл шутран октябрь—март уйăхĕсенче илнĕ çăмартасен хисепĕ 30—40 процент шутланать.

Калинино районĕнчи «Правда» колхозра 4—5 çул каярах чăхран çулталăкра 30—35-шер çăмарта кăна пухса илнĕ. Чăхсене хĕллехи вăхăтра тĕштырă, çĕрулми тата ытти тĕрлĕ апатсем çуллахинчен нумайрах çитернĕ пулсан та, вĕсем çăмарта туман. Çакă вăл ферма çурчĕсем япăх та сивĕ пулниччен килнĕ. 1951 çулта колхозра чăх-чĕп валли лайăх вите туса лартнă. Хĕллехи сивĕ кунсенче те çав витере 5—7 градус таран ăшă тăрать, çутă çителĕклĕ, сывлăш яланах таса та уçă. Халĕ чăхсем пурте çăмарта тăваççĕ.

Хăшпĕр колхозсенче чăхсем валли пысăк та çутă витесем туса лартнă, анчах вĕсенче хĕлле питĕ сивĕ. Çакă вăл витесенче маччасем çуккинчен е маччасем çине тăпра хăпартманнинчен килет. Витере витĕр вĕрекен çил пулмалла мар. Çавăнпа та пĕренесем хушшине яланах мăкласа, çĕмĕрĕлнĕ кантăксене лартса тăмалла. Чăхсем мăк туртма юратаççĕ, çавăнпа урай сывăхĕнчи пĕрене хушшисене çӳхе фанера çапса е тăмпа шăлса питĕрмелле. Çĕмĕрĕлнĕ кантăксене хăма çапса лартма юрамасть—витере çутă пулмалла.

Çулталăк хушшинче пухса илнĕ мĕнпур çăмарта хисепĕнчен 60—65 процентне чăхсем çуллахи вăхăтра тăваççĕ. Ку вăл, чи малтанах çулла кун вăрăммипчен килет. Хĕл кунĕсем кĕске. Çавăнпа та чăхсем хĕллехи вăхăтра çăмарта туччĕр тесен, кун вăрăмăшне искусственнăй майпа 13—14 сехет таран тăсмалла. Чăхсем пурăнакан витесене электричество лампочкипе е хунар çутса çутатмалла. «Республикăри чи лайăх птицевод» ятне илнĕ Татьяна Архипова (Калинино районĕнчи «Правда» колхоз) чăх-чĕп ферминче «летучая мышь» хунарсемпе усă курать. Хунарсене урайĕнчен 50—60 сантиметр çӳлерех çакнă, вĕсем урайне лайăх çутатаççĕ. Архипова юлташ хĕллехи куна искусственнăй майпа вăрăмлатассине октябрь уйăхĕнчен пуçласа апрель уйăхне çитиччен пĕр чарăнмасăр туса пырать.

Ĕнен сĕчĕ чĕлхи çинче, теççĕ. Чăхсем пирки те çавнах каламалла: тăрантарса усрас ĕçе кирлĕ пек йĕркелемесен, çăмарта илессине ӳстересси çинчен шутламалли те çук.

Çулла чăх-чĕп кунĕ-кунĕпех тулта, ферма сывăхĕнче çӳрет, симĕс курăк, хурткăпшанкă тата ытти апатсем тупса çиет. Хĕлле вара, пачах урăхла, аякран апат тупса çиме май çук. Çавăнпа та хĕллехи вăхăтра кайăк-кĕшĕке тăрантарса усрас ĕçе тĕрĕс йĕркелени уйрăмах кирлĕ. Чăхчĕпе концентратлă апатсемпе пĕрлех сĕтеклĕ, белоклă, витаминлă, минераллă апатсем çителĕклĕ памалла.

Калинино районĕнчи «Правда» колхозра чăхсене хĕллехи вăхăтра çакăн пек рационпа тăрантараççĕ: пĕрчĕллĕ тырăсем—60—70 грамм, çăнăх, сăсă е комбикорм—30 грамм, сĕтеклĕ апатсем—100 грамм, белоклă апатсем (уйран, аш-какай)—10—15 грамм; витаминлă апатсем (утă çăнăхĕ, вĕлтĕрен çулçи)—15—17 грамм, минераллă апатсем (пурă, çăмарта куппи, шăмă çăнăхĕ) 6—8 грамм, апат тăварĕ—0,5—1 грамм, вĕтĕ чул—1 грамм.

Рационти пĕрчĕллĕ тырăсен пĕтĕм хисепĕнчен 75 процентне каçхине çитермелле, вара чăхсем каштасем çинче çĕр каçипех тулли пĕсехесемпе лараççĕ, тепĕр ирччен выçса ситмеççĕ. Тĕрлĕ йышши апатсен хутăшне чăхсене париччен 20—30 минут маларах ăшă шывпа, уйранпа, аш-какай шӳрпипе нӳретмелле.

Чылай колхозсенче чăхсене хĕллехи вăхăтра тăрантарса усрас ĕçе тивĕçлипе йĕркелемен-ха, яланах пĕр йышши апатпа—тырă халлĕн кăна тăрантараççĕ.

Хĕллехи вăхăтра чăхсене çитерме уйăрса панă тырăран 35—40 процентне авăртса, шултра çăнăх туса çитермелле. Чăх апата чăмласа вĕтетмесĕрех çăтать. Апат ăшчикре вĕтелсе ирĕлет. Чăх пакартине лекнĕ вĕтĕ чулсем, мыш цăсем хутланса вăрăмланнă май, пĕтĕм апата авăртса вĕтетеççĕ. Пакартара вĕтĕ чул, шултра хăйăр пулмасан, чăх-чĕп хăй çинĕ апатăн 20—25 процентне усăсăр кăларса пăрахать. Çавăнпа та чăхсене вĕтĕ чул, шултра хăйăр, пурă, вĕтетнĕ çăмарта хуппи, шăмă çăнăхĕ памалла.

Чăх-чĕп ӳт-пĕвĕнче шыв 55 процент, çăмартара 65 процент шутланать. Шыв çителĕксĕр пулсан, чăхсем çăмарта тума пăрахаççĕ. Çавăнпа та кайăк-кĕшĕке шыв яланах çителĕклĕ парса тăмалла. Хăшпĕр колхозсенче, витесем сивĕрех пирки, чăхсене шыв вырăнне юр хурса параççĕ. Çапла туни питех те сиенлĕ. Юр çинине пула чăхсем шăнса чирлеççĕ. Витесем сивĕрех пулсан та чăхсене хĕлле шыв ĕçтермелле.

Республикăри колхозсенче выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне малалла ӳстерессишĕн социализмла ăмăрту анлăн сарăлса пырать. Кайăк-кĕшĕк ферминче ĕçлекенсем кăçал кашни чăхран 80—90 çăмарта, сухалакан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 4 пин çăмарта илессишĕн ырми-канми тăрăшса ĕçлеççĕ. Чăх-чĕпе тĕрĕс-тĕкел хĕл каçарни, чăхсенчен хĕлле те çăмарта нумай илни социализмла обязательствăсене ирттерсе пурнăçлама пулăшĕ.

А. ИВАНОВ.
Вăрнарти инкубатор станцийĕн аслă зоотехникĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00024 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 16. Тираж 37.000 экз.